ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Февраль 20 ЭРНЕКУН № 35 (8944)

35-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Февралĕн 22-мĕшĕ—вырăнти Советсене суйламалли кун.

*Суйлавçă юлташсем!*

*Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн пурте пĕр кăмăллăн сасăласа, хамăрăн пĕрлĕхе тата Ленин—Сталин партийĕ тавра тачă пĕтĕçсе тăнине çĕнĕрен кăтартса парар!*

## Колхозсемпе МТС-сен производствăллă планĕсем

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăх ĕçченĕсем умне тырпул тухăçлăхне, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе пысăк та ответлă задачăсем кăларса тăратрĕ.

«Ялхуçалăхĕн мĕнпур культурисен тухăçлăхне ӳстересси, — тенĕ партин XIX-мĕш съезчĕ Совет Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче, — обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ӳстересси, ялхуçалăхĕнче малта пыракан техникăпа агрокультурăна ĕçе кĕртнĕ никĕс çинче колхозсен обществăллă хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырса, совхозсемпе МТС-сен ĕçне лайăхлатса, çĕрĕçĕн тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн пĕтĕм продукцине тата таварлă продукцине ӳстересси ялхуçалăх енĕпе малашне те тĕп задача пулса юлать».

Социализмлă ялхуçалăхĕ пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пырать. Иртнĕ çулта ялхуçалăхĕ хамăрăн Тăван çĕршыва 8 миллиард пăт тырă хатĕрлесе пачĕ. Пирĕн çĕршывра çакăн пек нумай тырă туса илни вăрçăччĕнхи вăхăтра та, вăрçă хыççăнхи çулсенче те пулман. Çакăн пек пысăк çĕнтерӳ тума нумай миллионлă ялхуçалăх ĕçченĕсем колхоз çулĕ çине—социализм çулĕ çине тăни май пачĕ. Çакăн пек çĕнтерӳ тума Партипе Правительство, Сталин юлташ ялхуçалăхне кучухнехи малта пыракан техникăпа хĕçпăшаллантарни май пачĕ. Халĕ пирĕн социализмлă уй-хирсенче çĕнĕ йышши хăватлă комбайнсем, тракторсем тата ытти машинăсем нумай ĕçлеççĕ.

Коллективлă пысăк хуçалăха ертсе пырас ĕçре мĕнпур ĕçсене тĕрĕс планлани пысăк вырăн йышăнса тăрать. Сталин юлташ çапла вĕрентет: «Колхоз вăл — шултра хуçалăх. Шултра хуçалăха плансăр тытса тăма çук. Çĕрĕçĕнче шултра хуçалăха, çĕршер, хăш чухне пиншер кил те, пĕрлештерсе тăракан хуçалăха планлă руководство йĕркипе çеç тытса тăма пулать. Унсăрăн вăл пĕтсе, арканса каймалла».

Пирĕн государство планĕсен тĕп уйрăмлăхĕсенчен пĕри вăл—вĕсем обязательнăй йĕркепе пурнăçламалли плансем пулса тăнинче. «Совет государствин планĕсем вĕсем прогноз—плансем мар..., вĕсем — директива-плансем», тет Сталин юлташ.

«Государство планĕ вăл—закон,—тенĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съезлĕнче. — Предприятисен пурин те хăйсене панă государство заданийĕсене тултармалла, халăх хуçалăхне кирлĕ продукци туса кăлармалла». Çак сăмахсем вĕсем ялхуçалăх органĕсен руководителĕсене те пĕр пекех тивеççĕ.

Иртнĕ çулта пирĕн республикăри малта пыракан чылай колхозсем пысăк тухăçлă тырпул туса илчĕç, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерчĕç. Тĕслĕхрен, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз 585,5 гектар çинче кашни гектар пуçне вăтам шутпа 20,5-шер центнер тĕштырă туса илнĕ. Çав вăхăтрах обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк çитĕнӳ тунă. Кашни сăвакан ĕнерен 1.969 килограмм сĕт, кашни 100 сурăхран 3-шер килограмм çăм, кашни 100 сурăхран 120-шер путек, кашни сысна аминчен 16-шар çура илнĕ.

Мĕнле майпа колхоз çакăн пек çитĕнӳ тума пултарнă-ха? Колхоз правленийĕ колхозниксен пухăвĕ йышăннă производствăллă план тăрăх ĕçлесе пырать. Çирĕп план тăрăх ĕçлени малта пыракан мичуринла агробиологи наукин тунă çитĕнĕвĕсемпе ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне колхоз производствине кĕртсе пыма, мĕнпур ĕçсене организацилеме май парать.

Государство планĕсене районсене çитернĕ. Ялхуçалăх органĕсен государство планĕсем тăрăх кашни колхоза çулталăкри производство планĕсем туса хатĕрлеме, приходпа расход сметисем тума пулăшмалла. Колхоз правленийĕсем хăйсем енчен çулталăкри производство заданийĕсене уй-хир бригадисене, техникăллă культурăсем акса тăвакан звеносене, выльăх-чĕрлĕх фермисене çитермелле.

Производство планĕсене вăхăтра тата тĕрĕс тăвасси политикăллă-хуçалăхлă пысăк ĕç пулса тăрать. Производство планĕсене тĕрĕс тунинчен, вĕсене тĕрĕс пурнăçласа пынинчен колхозăн нумай енлĕ хуçалăхне ăнăçлă аталантарса пырасси килет. Çавăнпа та производство планĕсем тăвас ĕçе районсенчи партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен колхозсенчи мĕнпур актива, колхозниксен анлă массине хутшăнтарни кирлĕ. Ку ĕçре ялхуçалăх специалисчĕсен колхозсене пысăк пулăшу памалла.

Государствăн планлă заданийĕсем МТС-сен производствăпа финанс планĕсене, трактор бригадисен çулталăкри производство заданийĕсене тăвас, МТС-семпе колхозсем хушшинче договорсем тăвас ĕçре тĕп вырăн йышăнса тăраççĕ.

Ялхуçалăх органĕсемпе машина-трактор станцийĕсенче пысăк квалификациллĕ специалистсен йышлă çарĕ ĕçлет. Вĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, колхозсене колхоз производствин мĕнпур ĕçĕсене пур енчен те тĕплĕ шутă илсе, колхоз умĕнче тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе тăракан задачăсене пурнăçа кĕртме май паракан план тума пулăшма тивĕç. Çакăнпа пĕрлех партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен колхозсемпе МТС-сем йышăннă плансене пĕр тикĕс пурнăçласа пыма колхозниксемпе колхозницăсен, механизаторсен кĕрешĕвне организацилесе, ертсе пымалла.

Малта пыракан совет техникипе хĕçпăшаллăннă машина-трактор станцийĕсем колхоз производствине пулăшакан тĕп вăй пулса тăраççĕ. МТС-сен производствăпа финанс планĕсем тырпул тухăçлăхне ӳстермелли заданисене пурнăçлассишĕн, кашни колхозăн хăйне майлă уйрăмлăхĕсене шута илсе, тырпула лайăх пăхса ӳстерессишĕн, трактор ĕçĕсене лайăхлатассишĕн, уй-хир ĕçĕсене агротехника тĕлĕшĕнчен лайăх сроксенче туса ирттерессишĕн, колхоз производствине ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсемпе малта пыракан опыта анлăн кĕртессишĕн кĕрешмелли хăватлă вăй пулса тăмалла.

Колхозсемпе МТС-сен производствăпа финанс планĕсене тунă чухне уйрăмах обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес ыйтусем çине тимлĕ пăхмалла. Çак плансенче выльăх апачĕн çирĕп никĕсне хывмалли, вите-картасем тăвас ĕçе лайăхлатмалли, фермăсенчи ĕçсене механизацилемелли майсене палăртса хумалла. Çак плансенчех выльăх апачĕ акса тумалли пусă çаврăнăшне пурнăçа кĕртес, нумай çул тата пĕр çул ӳсекен курăксем акмалли çĕр лаптăкне ӳстерес, улăх-çарансемпе кĕтӳ çӳретмелли вырăнсене лайăхлатас, симĕс конвейерсем тăвас ĕçсем, — пĕр сăмахпа каласан, выльăх-чĕрлĕх валли апат ытлăн-çитлĕн хатĕрлес ĕçсем пурте палăрса тăмалла. Мĕнпур ĕçсене планра кăтартнă пек пурнăçласа пымалла.

Колхозсен производство планĕсене колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче ыйтса пăхса çирĕплетнĕ хыççăн, вĕсене кашни районти ялхуçалăх пайĕнче МТС директорĕпе е главнăй агрономпа хутшăннипе пăхса тухмалла, ун хыççăн районсовет исполкомĕ колхозсен производство планĕсене вăхăтра пăхса тухса çирĕплетмелле. Мĕнле пулсан та, ку ĕçре иртнĕ çулта пулнă йăнăшсене тепĕр хут туни пулмалла мар. Сăмахран, иртнĕ çулхи ĕççынни депутачĕсен Сĕнтĕр районсовет исполкомĕ колхозсен производство планĕсене вăхăтра пăхса тухса çирĕплетмен. Хăшпĕр колхозсен производство планĕсене районсовет исполкомĕ июнь уйăхĕнче кăна çирĕплетнĕ, чылай колхозсен планĕсене çирĕплетмесĕрех юлнă.

1953 çулта ялхуçалăхĕ умĕнче пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Çак задачăсене чыслă пурнăçлас тесен, государствăн планлă заданийĕсене кашни колхоз, кашни МТС тăрăх тĕрĕс пурнăçлассишĕн, социализмлă ялхуçалăхне малалла аталантарассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешмелле.

## И. В. СТАЛИН

### Инди посолне К. П. Ш. Менона йышăннă

Кăçалхи февралĕн 17-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ И. В. Сталин Инди посолне К. П. Ш. Менона йышăннă.

Йышăнура СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ А. Я. Малик пулнă.

## И. В. СТАЛИН юлташ

### Пĕтĕм Индири Мир Совечĕн Председательне Сайфуддин Китчлу доктора йышăннă

Февралĕн 17-мĕшĕнче И. В. Сталин юлташ Пĕтĕм Индири Мир Совечĕн Председателĕне Сайфуддин Китчлу докторпа калаçнă. (ТАСС).

Февралĕн 20-мĕшĕ | **Вăрман хатĕрлемелли стахановла уйăхлăх** | Мартăн 20-мĕшĕ

## Тăван çĕршыва йывăç çителĕклĕ хатĕрлесе парар

Паян республикăра вăрман хатĕрлемелли стахановла уйăхлăх пуçланать. Уйăхлăхăн тĕп тĕллевĕ вăл—кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитересси. Çак ĕçе чыслăн пурнăçласси вăрманпромхозсен руководителĕсем, районсенчи партипе совет организацийĕсем ĕçе лайăх йĕркеленинчен, рабочисемпе колхозниксем хушшинче социализмлă ăмăртăва тата малта пыракансен наха опытне анлăн сарса пынинчен, механизмсемпе туллин усă курнинчен килет.

«Чăвашвăрман» трест, Вырăнти топливо промышленность управленийĕ 1952 çулхи IV-мĕш кварталти плана тултараймарĕç. Кăçалхи январьпе февраль уйăхĕсенче те вĕсем ĕçре улшăнусем тăваймарĕç. Çапла вара пирĕн республика Тăван çĕршыв умĕнче пысăк парăма кĕчĕ, коммунизмăн аслă стройкисене, шахтăсемпе чугун çул транспортне çĕршер пин кубометр йывăç парса çитереймерĕ. Çакă ĕнтĕ республикăри кашни ĕççыннине хумхантарма тивĕçлĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ вăрманпромхозсемпе районсенчи партипе совет организацийĕсем умне лартнă задачăна вăрманпромхозсенчи рабочисене тата колхозниксене уйăхлăха анлăн хутшăнтарсан, вĕсем валли тухăçлă ĕçлеме лайăх майсем туса парсан çеç пурнăçлама пулать. Уйрăмах юлса пыракан вăрманпромхозсемпе районсен руководителĕсем хăйсен ответлăхне ӳстерме тивĕçлĕ. Улатăр, Буински, Канаш, Пăрачкав вăрманпромхозĕсем пĕрремĕш кварталта йывăç турттарса кăлармалли плана пурĕ те 20—26 процент çеç тултарнă. Вăрман хатĕрлес ĕçре Советски, Красноармейски, Шăхасан, Çĕрпӳ, Елчĕк, Пăрачкав тата Тăвай районĕсем çав-çавăх юлса пыраççĕ. Вĕсен уйăхлăх вăхăтĕнче иртнĕ тăватă уйăх хушшинче хатĕрленĕ йывăçран сахалтан та икĕ хут нумайрах хатĕрлемелле.

Стахановла уйăхлăх вăхăтĕнче районсенчи партипе совет организацийĕсем партиллĕ-политикăллă тата массăллă-агитациллĕ ĕçе çӳлĕ пусăма çĕклеме тивĕçлĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ вăрман промышленноçĕ умне лартнă задачăсем çинчен рабочисемпе колхозниксене анлăн ăнлантарса пани кирлĕ. Кашни бригадăра агитаторсем пулччăр. Партипе совет организацийĕсем ирттерекен хуçалăхлă-политикăллă кампанисене активлă хутшăнасси комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксен йăлине кĕнĕ. Колхозсенчи комсомолецсемпе çамрăксен уйăхлăх вăхăтĕнче вăрманта çĕнĕ вăй-хăватпа ĕçлеме тăрăшмалла.

Кашни районăн, ял Совечĕн, колхозăн уйăхлăх вăхăтĕнче плана тултарса çитерме кирлĕ чухлĕ ĕç вăйĕпе турттăм вăйĕ уйăрса ямалла. Нумай колхозсен автомашинăсем пур. Вĕсемпе вăрман турттарни ĕç хăвăртлăхне ӳстерет, колхозсене хăйсен лашисемпе ялхуçалăх ĕçĕнче ытларах усă курма май парать. Вăрманпромхозсем колхоз машинисене ĕçлеттерме бензин, чурка çителĕклĕ уйăрса параççĕ, шоферсемпе грузчиксене яланхи кадрти рабочисемпе пĕр танах ĕç укçи тӳлеççĕ.

Уйăхлăх вăхăтĕнче кашни вăрманпромхоз, вăрман пункчĕ, участок плана кунтан-кун тултарса пытăр. Машинăсемпе механизмсем ик-виçшер смена ĕçлетчĕр. Директорсен, технорукСемпе мастерсен кашни рабочи, кашни колхозник валли тухăçлă ĕçлеме, культурăллă канма паха майсем туса парас пулать. Вăрманпромхоз директорĕсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсен тата парторганизацисен рабочисемпе колхозниксем хушшинче массăллă-политикăллă ĕçе вăйлатмалла, критикăпа самокритикăна анлă сармалла, командирсем хушшинче партипе государство дисциплинине çирĕплетмелле.

«Чăвашвăрман» тресчĕн, Вырăнти топливо промышленность управленийĕн вăрманпромхозсен руководителĕсен ответлăхне ӳстермелле, юлса пыракан предприятисене тивĕçлĕ пулăшу памалла.

Кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана ăнăçлă тултарассишĕн вăрманпромхозсем, районсем, колхозсем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарар!

### Колхозниксен хастарлăхĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. Тутар Шурут ял Советĕнчи «Алга» колхоз членĕсем каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 1952 çулхи ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарчĕç, ун хыççăн планран ирттерсе чылай йывăç турттарчĕç. Лавçăсен бригади каснă йывăçа турттарса кăлармалли плана кăçалхи январĕн 20-мĕшĕ тĕлне ирттерсе тултарчĕ. Р. Юсупов, З. Багаутдинов, Ш. Насыров тата Б. Алеев юлташсем уйăхра 800—900-шер тенкĕ ĕçлесе илчĕç. К. Камалдинов, М. Валиуллов, К. Сейфулов лавçăсем ĕç нормине куллен 120—150 процент таран тултарса пычĕç.

Колхозран вăрмана тата 10 çын çуран, 7 çын лавпа ĕçлеме тухса кайрĕç. Вĕсем Тăван çĕршыва планран ирттерсе йывăç хатĕрлесе пама обязательство илчĕç.

А. ТУКМАКОВ.

### Механизаторсен çитĕнĕвĕ

Приволжски вăрманпромхозра вырăнти Советсен суйлавĕ умĕнхи ăмăрту вăйланса пырать. Уйрăмах шоферсен пултарулăхĕ ӳссе пынине палăртас пулать. Норма тăрăх шоферсен уйăхра 225-шер кубометр йывăç турттарса кăлармалла. Вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, шоферсем В. Саков, А. Васильев, А. Данилов, Н. Жолобов юлташсем иртнĕ уйăхра 420—485-шер кубометр турттарса кăларчĕç. Çак уйăхра вĕсем тата тухăçларах ĕçлеççĕ.

Затон хĕрринче сулă тăваççĕ. Сулă тăвакан рабочисем Л. Петров, М. Корабельников, В. Медведев юлташсем тата ыттисем те ĕç нормине куллен 140—150 процент тултарса пыраççĕ.

Рабочисем Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ вăрман хатĕрлемелли стахановла уйăхлăх ирттерме йышăннине тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕç, малашне тата тухăçларах ĕçлеме сăмах пачĕç.

П. ИВАНОВ.

## Уйăхлăха активлă хутшăнаççĕ

ВĂРМАР, февралĕн 19-мĕшĕ. (Телефонпа). Юлашки кунсенче районти ялхуçалăх артелĕсенче колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Колхозниксем кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитермелли стахановла уйăхлăха хутшăнасси çинчен активлă сӳтсе яваççĕ, государство заданине чыслă пурнăçламалли майсене палăртаççĕ.

Малта пыракан колхозсем Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçе ăнăçлă пурнăçлаççĕ. «Правда» колхоз йывăç касса хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли плана ирттерсе тултарчĕ. «Хĕрлĕ Кĕтне» колхоз каснă йывăçа турттарса кăларма «Алтышево вăрманпромхозне автомашина ячĕ. Виçĕ лавпа çул хĕррине пĕренесем илсе тухаççĕ. Грузчиксем пĕренесене автомашина çине тиесе пушатаççĕ. Автомашина икĕ смена ĕçлет. А. Тихоновпа Т. Андреев шоферсем пĕр-пĕрипе ăмăртаççĕ, автомашинăна лайăх пăхса усраççĕ, татти-сыпписĕр ĕçлеççĕ. Вĕсем колхоза йывăç турттарса кăларма панă задание чыслăн пурнăçларĕç. Вĕсем уйăхра 1.300-шер тенкĕ ĕçлесе илчĕç.

«Хĕрлĕ Кĕтне» колхоз членĕсем уйăхлăх вăхăтĕнче йывăç касса хатĕрлемелли плана ирттерсе тултарма сăмах пачĕç. Вăрмана 13 колхозник тухса кайрĕ.

Мичурин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли плана 105 процент тултарнă. Уйăхлăха хутшăнса, колхоз членĕсем вăрманта ĕçлеме 20 çынтан бригада турĕç. Бригадăна колхоз председателĕн заместителĕ коммунист П. Волков юлташ ертсе пырать.

«Большевик» колхоз членĕсем вăрман хатĕрлемелли плана мартăн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма социализмлă обязательство йышăннă.

«Авангард» колхоз членĕсем Вырăнти топливо промышленность управленине пăхăнса тăракан Канаш вăрманпромхозĕнче ĕçлеççĕ. Вĕсем вутă турттармалли плана тултарнă. Уйăхлăха хутшăнса, колхозран 15 çын вăрмана кайнă. Колхозниксен ĕçне лайăх йĕркелеме, массăллă-агитациллĕ ĕçе вăйлатма вăрмана колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Яковлев юлташ кайрĕ. Колхозниксем вутă касса хатĕрлемелли задание 10 кун хушшинче пурнăçлама пулчĕç.

КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕ колхозниксем хушшинче массăллă-политикăллă ĕçе йĕркелесе ертсе пыма Алтышево вăрманпромхозне районти партипе совет активисчĕсене пурĕ çичĕ çын яма йышăнчĕç. КПСС райкомĕ вăрманта ĕçлеме 32 агитатор çирĕплетрĕ.

Малта пыракан колхозсен примерĕпе ытти колхозсем те вăрмана хăйсен автомашинисене яма йышăнчĕç. Халлĕхе колхозсен виçĕ автомашини ĕçлет. Уйăхлăх вăхăтĕнче 10 автомашинăпа йывăç турттарма палăртнă. Кашни автомашинăна икĕ смена ĕçлеттермелле тăвас тесе грузчиксем çителĕклĕ уйăрса яма палăртнă. Вăрманпромхоз колхозсене бензин çителĕклĕ парать. Грузчиксем валли условисем лайăх, тăрăшса ĕçлесен вĕсем кунне 25—30-шар тенкĕ ĕçлесе илме пултараççĕ.

Ял Совечĕсемпе колхоз председателĕсен канашлăвĕ кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман касса хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли плана район тăрăх мартăн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма, заданирен ирттерсе 1.000 кубометр йывăç касса хатĕрлеме, 700 кубометр турттарса кăларма, 500 кубометр çул хĕррине илсе тухма пулса социализмлă обязательство йышăнчĕ. 15 колхоз плана мартăн 5-мĕшĕ тĕлне, пилĕк колхоз—мартăн 10-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах пачĕç.

И. ВОЛКОВ,
Вăрмар райисполком председателĕн заместителĕ.

## Газ промышленноçне малалла аталантарассишĕн

Кохтла-Ярве — Таллин хушшинчи 150 километр тăршшĕ газопровод тăрăх газ пама пуçланă. Эстони ССР столици кашни кун пиншер кубометр çунакан йӳнĕ газ илсе тăрать.

ТАСС корреспонденчĕпе калаçнă чухне Нефть промышленность министрĕн заместителĕ В. А. Каламкаров юлташ çапла пĕлтерчĕ:

— Сталин юлташ кăтартса панипе туса хунă газ индустрийĕ пирĕн промышленноçăн чи çамрăк отраслĕ. Вăл хăвăрт аталанни партипе правительство ĕççыннисен культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатма тăрăшнине уççăн кăтартса парать.

Халĕхи вăхăтра Совет Союзĕнче пысăк газопроводсемпе газ заводĕсем ĕçлеççĕ, вĕсем пирĕн Тăван çĕршыв столицине — Мускава, çавăн пекех Ленинграда, Киева, Бакуна, Куйбышева, Саратова тата ытти хуласене çутçанталăк газĕпе искусственнăй газ парса тăраççĕ. Газпа усă курни халăхăн йăла условийĕсене сисĕнмелле лайăхлатрĕ. Мускавра халех ĕнтĕ ĕççыннисем 90 процента яхăн газпа усă кураççĕ. Хваттерсенче кăвăрсынпа вутă вырăнне газпа усă курни Мускав çыннисене хăйсен бюджетĕнче кашни çул 170 миллион тенкĕ перекетлеме май парать.

Трубасем тăрăх газ пымалла тунă хыççăн ытти топливăпа усă курасси нумай чакрĕ. Çав топливăна хуласене турттарса пыма пиншер вагон кирлĕ пулнă.

Магистральнăй газопроводсем тăвакансем строительство ĕçне çултан-çул лайăхлатса пыраççĕ. Траншейăсем чавнă çĕрте çĕр чавмалли хăватлă машинăсемпе усă кураççĕ, вĕсем çĕршер рабочи тăвакан ĕçе тăваççĕ. Траншейăсене совет ученăйĕсем сĕннĕ тăрăх çĕнĕ меслетпе трубасем хывнипе çĕр чавасси икĕ хута яхăн чакнă. Газопроводсене шăратса çыпăçтарассине те совет ученăйĕсем туса хатĕрленĕ меслетпе тăваççĕ. Çакă вăл ĕç тухăçлăхне ӳстерме, ĕç пахалăхне лайăхлатма май парать. Трубасене изоляципе витнĕ çĕрте совет конструкторĕсем туса хатĕрленĕ машинăсем ĕçлеççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ панă директивăсенче газ промышленноçне малалла аталантарма палăртнă. Çутçанталăк газне кăларас ĕç чылай ӳсет. Нефть газĕпе топливо вырăнне тата хими продукчĕсем кăлармалли чĕрт вар вырăнне усă курасси пысăккăн ӳсет. Нефть промыслисенче газ питех те нумай. Эстонире сланецран искусственнăй газ кăларасси чылай ӳсет.

Газпа пиншер автомашина ĕçлет. Нумай хуласенче ятарласа газоразборнăй станцисем тума палăртнă. Çакă вăл кашни çул çĕршер пин тонна бензин перекетлеме май парать.

Хуласене газ парса тăрасси чылай ӳсни çак топливăпа ĕççыннисен хваттерĕсенче çеç мар, промышленность предприятийĕсенче те тĕтĕмсĕр топливăпа усă курма май парать. Ку вăл хуласенчи санитари условийĕсене лайăхлатать.

Юлашки çулсенче тĕрлĕ районсенче тĕпчесе пăхни Совет Союзĕнче çутçанталăк газĕ питех те нумай пулни çинчен калать. Халĕ тупса палăртнă тата учета илнĕ газ запасĕ газ индустрине хăвăрт аталантарма тата нумай хуласене газ кĕртме май парать.

Газ предприятийĕсенче ĕçлекенсем çĕршывăн газ пуянлăхĕпе хăвăртрах усă курассишĕн социализмлă ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ.

(ТАСС).

*СССР Верховнăй Совет Президиумĕн. Указĕ*

## В. И. Козлова Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăласси çинчен

Белорус ССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председатель заместителĕ В. И. Козлов 50 çул тултарнă май тата вăл Совет государстви умĕнче тава тивĕçлĕ ĕçсем тунине палăртса, Василий Иванович Козлов юлташа Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ Н. ШВЕРНИК.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ А. ГОРКИН.

Мускав, Кремль,
1953 çулхи февралĕн 17-мĕшĕ.

## Г. К. Орджоникидзене асăнса

ТБИЛИСИ, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Грузири ĕççыннисем Коммунистсен партийĕпе Совет государствин чаплă деятелĕн Г. К. Орджоникидзе ятне асра тытса хисеплеççĕ. Вăл вилнĕренпе 16 çул çитнĕ май предприятисенче, учреждениСенче, агитпунктсенче, шкулсенче Серго Орджоникидзе пурнăçĕпе, революциллĕ ĕçĕсем çинчен докладсем, лекцисем, калаçусем пулса иртнĕ.

Орджоникидзевски райком библиотекинче пысăк выставка уçалнă.

Çак кунсенче Серго Орджоникидзе çуралса ӳснĕ Гореши ялĕнчи музей-сурта пырса куракансем нумай. Музейри экспонатсем коммунизмшăн çуламлă кĕрешнĕ Орджоникидзе пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен каласа параççĕ.

Г. К. Орджоникидзе пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен Кутаиси, Сухуми, Батуми тата ытти хуласенчи предприятисемпе учрежденисенче те лекцисемпе калаçусем ирттереççĕ.

КИСЛОВОДСК, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Г. К. Орджоникидзе вилнĕренпе 16 çул тултарас умĕн Кисловодскри Г. К. Орджоникидзе ячĕпе тăракан санаторири выставкăна курма пыракансем уйрăмах нумай пулнă.

Виçĕ пысăк залра Серго Орджоникидзен революциллĕ ĕçĕпе государствăллă ĕçне кăтартакан материалсемпе документсене пухнă.

Хулари ĕççыннисем тата курортсенче канакансем çак документсемпе питĕ интересленсе паллашаççĕ. Çулталăк хушшинче выставкăна 25 пин çын пырса курнă.

## Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарас умĕн

Çĕршыври мĕнпур хуласемпе ялсенче Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарнине кĕтсе илме хатĕрленес ĕç сарăлса пырать.

Приморьери предприятисемпе учрежденисенче, Лăпкă океан флотĕнчи карапсем çинче пиншер агитаторсем совет халăхĕн революциллĕ кĕрешĕвĕ çинчен, Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн историйĕ çинчен, вĕсен организаторĕсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин çинчен калаçусем, докладсем ирттереççĕ. Досааф организацийĕсемпе спорт обществисем пăшал тĕл пемелли, йĕлтĕрпе çӳремелли ăмăртусем, агитпоходсем ирттереççĕ. «Шахтер» спорт обществин мотоциклисчĕсем Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ ячĕпе Кăнтăр Приморье тăрăхĕнчи рабочи поселоксенче пулса пин километрлă поход ирттернĕ.

Киргиз ССР-ĕнчи хуласемпе ялсенче Досааф членĕсем — рабочисем, колхозниксем, студентсем, пăшал пемелли заочнăй ăмăрту ирттереççĕ. Фрунзе хулинчи утлă çар клубĕн спортсменĕсем утлă çар клубĕсем хушшинче мала тухассишĕн пыракан Пĕтĕм Союзри заочнăй ăмăртăва хутшăннă. Фрунзе хулинчи библиотекăра выставкăсем уçăлаççĕ, Совет Çарĕ ячĕпе литература касĕсем ирттереççĕ.

Рязань облаçĕнче Совет Çарĕн кунĕ ячĕпе йĕлтĕрçĕсен пысăк похочĕ пуçланнă. Поход участникĕсем 350 километр чупса тухаççĕ. Вĕсем хăйсем чарăнса тăракан колхозсенче Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ çинчен калаçусем ирттереççĕ. Ряжск районĕнчи Поплевино салинчи вулав суртĕнче интереслă выставка уçăлнă. Унта Совет Çарĕн мухтавлă кун-çулне кăтартакан фотоӳкерчĕксемпе плакатсем, граждан вăрçипе Аслă Отечественнăй вăрçă участникĕсем каласа панисем пур.

(ТАСС).

# Çулпуçăн историллĕ сăмахĕ

**(Сталин юлташ колхозник-ударниксен Пĕтĕм Союзри пĕрремĕш съездĕнче сăмах тухса каланăранпа 20 çул тултарнă тĕле)**

1933 çулхи февралĕн 15—19-мĕшĕсенче Мускавра колхозник-ударниксен Пĕтĕм Союзри пĕрремĕш съезчĕ пулса иртнĕ. Унта колхозсене çирĕплетес тата çуракине хатĕрлесес тĕлĕшпе умра тăракан задачăсем çинчен сӳтсе явнă. Съезд ĕçне Сталин юлташ хутшăннă.

Аслă çулпуç съездра сăмах тухса каланă. Вăл хресченсене пурнăçра хумхантаракан ыйтусем çинчен тĕплĕн каласа панă. Çулпуçăн историллĕ сăмахĕ колхоз строительствине малалла аталантарас тата колхоз хресченĕсене коммунизмла воспитани парас ĕçĕн программи пулса тăчĕ.

Сталин юлташ хăйĕн сăмахĕнче колхозла çĕнĕ строй ялти кивĕ стройран тĕпренех уйрăлса тăнине уççăн кăтартса панă. Сталин юлташ çапла каланă: «Кивĕ строй чухне хресченсем пĕчченшерĕн ĕçленĕ, асаттесен кивĕ меслечĕсемпе, кивĕ ĕç хатĕрĕсемпе ĕçленĕ, помещиксемпе капиталистсене валли, кулаксемпе спекулянтсене валли ĕçленĕ, выçăллă-тутăллă пурăнса ĕçлесе, ытти çынсене пуйтарнă. Çĕнĕ, колхозла строй чухне хресченсем пĕрле, артельпе ĕçлеççĕ, çĕнĕ ĕç хатĕрĕсемпе — тракторсемпе тата ялхуçалăх машинисемпе усă курса ĕçлеççĕ, хăйсемшĕн тата хăйсен колхозĕсемшĕн ĕçлеççĕ, капиталистсемпе помещиксемсĕр, кулаксемпе спекулянтсемсĕр пурăнаççĕ, хăйсен материальнăй тата культурăллă пурнăçне кунран-кун аванлатса пыма ĕçлеççĕ».

Социализмлă яла мăссăллăн çĕнетсе улăштарнă вăхăтри виçĕ çул хушшинчи ĕç опытне пĕтĕмлетсе, Сталин юлташ колхозлă çул, социализм çулĕ тăрăшса ĕçлекен мĕнпур хресченсемшĕн пĕртен-пĕр тĕрĕс çул пулса тăни çинчен каланă.

Сталин юлташ колхозсене малашне те çирĕплетес тата колхозниксен пурнăç условийĕсене лайăхлатас задача кăларса тăратнă. «Колхозниксене пуян пурăнакансем пулма, çакна тума халĕ пĕр япала кăна кирлĕ—колхозра тӳрĕ кăмăлпа ĕçлемелле, тракторсемпе тата машинăсемпе тĕрĕс усă курмалла, ĕç выльăхĕсемпе тĕрĕс усă курмалла, çĕре тĕрĕс ĕçлемелле, колхоз харпăрлăхне упраса усрамалла.

Сталин юлташăн аслă сăмахĕсем кашни колхозник чĕрине кĕрсе вырнаçрĕç.

Сталин юлташ обществăн хуçалăхпа политикăллă пурнăçĕнче хĕрарăмсем пысăк вырăн йышăнса тăнине кăтартса панă. Хĕрарăмсем колхозра — пысăк вăй, колхозра вĕсене малалла ӳстересси пирĕн ĕç пулса тăрать, тенĕ Сталин юлташ. Çак кăтарту аслă задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе колхозсенчи пĕтĕм ĕç вăйĕсене мобилизацилес çĕрте пысăк вырăн йышăннă. Колхозник-ударниксен Пĕтĕм Союзри пĕрремĕш съезчĕн трибуни çинчен Сталин юлташ комсомолецсем умĕнче тăракан задачăсене те тĕплĕн кăтартса панă. «Çамрăксем — пирĕн пуласлăх, пирĕн шанчăк, юлташсем,—тенĕ Сталин юлташ.—...Вĕсем пирĕн ялава çĕнтерӳ патне çитиччен çĕклесе пымалла». Аслă учитель тата воспитатель çамрăксене çапла каланă: «...задача — ленинизма вĕренессинче, татах та вĕренессинче пулать. Комсомолец тата комсомолка юлташсем! Большевизма вĕренĕр, иккĕленекенсене малалла ертсе пырăр! Халлапа сахалтарах çаптарăр, ытларах ĕçлĕр—вара сирĕн ĕçĕр пурпĕрех тӳхĕ».

Сталин юлташ хăйĕн историллĕ сăмахĕнче социализм вăхăтĕнчи ĕçĕн пысăк пĕлтерĕшне палăртса панă. Сталин юлташ çапла кăтартса панă: «Ленин, пирĕн аслă учитель, каланă: «Кам ĕçлемест, вăл çимест». Мĕне пĕлтерет-ха çакă, кама хирĕç пыраççĕ-ха Ленин сăмахĕсем? Эксплуататорсене хирĕç, хăйсем ĕçлемесĕр урăххисене ĕçлеттерсе, çынсен ĕçĕпе пуянсене хирĕç пыраççĕ. Тата кама хирĕç? Тата хăйсем кахалланакан, ытти çынсен ĕçĕпе усă курма хапсăнакан çынсене хирĕç пыраççĕ. Социализм, кахалланса пурăнма мар, пур çынсене те тӳрĕ кăмăлпа ĕçлеме хушать, ыттисемшĕн мар, пуянсемшĕн мар, эксплуататорсемшĕн мар,—хăйсемшĕн, обществăшăн ĕçлеме хушать».

Ĕç çине тирпейсĕр пăхакан çынсем, буржуаллă идеологин юлашкийĕсем пирĕн хушăмăрта халĕ те пĕтмен-ха. Колхозсене малалла тĕреклетес ĕçре кахалсемпе рвачсене хирĕç, обществăллă харпăрлăха çаратакансене, ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсакансене хирĕç кĕрешни пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Коммунизмăн аслă зодчийĕ Коммунистсен партийĕ колхозсене организацилле хуçалăх тата политика енчен çирĕплетес тĕлĕшпе туса пыракан анлă ĕçе ертсе пырать. Хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ çĕнĕ ĕçĕнче Сталин юлташ колхоз харпăрлăхне пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайĕ таран ӳстерес задача кăларса тăратрĕ.

Сталин юлташăн историллĕ кăтартăвĕсемпе партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем социализмлă ялхуçалăхĕнче ĕç тухăçлăхне ӳстерме лайăх майсем уçса пачĕç. Иртнĕ 1952 çулта колхозсен обществăллă хуçалăхĕ вăйланчĕ, ялхуçалăх производствине механизацилесси ӳсрĕ тата колхозниксен пурнăçĕпе культури лайăхланчĕç. Социализмлă çĕрĕçĕ вăйланса пырать, унăн продукцийĕ куллен ӳсет. 1952-мĕш çулта çĕршывра пĕтĕмпе 8 миллиард пăт тĕштырă пухса илнĕ.

Хăй сăмахĕнче Сталин юлташ миллионшар совет рабочийĕсемпе хресченсен «пĕчĕк» тата «палăрман» ĕçĕ историн малашлăхне татса паракан творчествăллă ĕç пулса тăни çинчен каланă. Коммунистсемпе рабочисен партийĕсем ертсе пынипе социализм никĕсне хывакан халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисем совет халăхĕн социализм тунă çĕрти пуян опычĕпе анлă усă кураççĕ. Совет çыннисем партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă классикăллă ĕçĕнче кăтартса панă коммунизм тумалли идейăсене пурнăçлассишĕн нихçан пулман пысăк хастарлăхпа тăрăшса ĕçлеççĕ.

**В. СУХОДЕЕВ.**

## Рационализаторсен йышĕ ӳсет

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводра рационализаторсен йышĕ ӳссе пырать. Пĕрремĕш сборочнăй цехри аслă технолог Герасимов юлташ активлă рационализаторсенчен пĕри. Иртнĕ çулта вăл 13 сĕнӳ панă. Çамрăк инженер Шевнин юлташ та пуçарулă, час-часах ĕçе лайăхлатмалли сĕнӳсем парать. Аслă мастерсем Яковлевпа Алексеев юлташсем иртнĕ çулта виç-тăватшар сĕнӳ пачĕç.

1953 çулта рационализаторсен йышĕ татах ӳсрĕ. Январь уйăхĕнче 13 сĕнӳ панă.

**П. СТЕПАНОВ.**

# Вырăнти Советсен суйлавĕ умĕн

* * *



Юлия Кузьминична ЮРЬЕВА,—
Вăрмар районĕнчи Мăнçырма ял Советне депутата суйлама регистрациленĕ кандидат.

## Тивĕçлĕ кандидат

ЭЛĔК. «Самолет» колхоз членĕсемпе сӳс-кантăр завочĕн коллективĕ район Советне депутата суйлама Мăн Вылăри çичĕ çул вĕренмелли шкул директорне Хрисанф Ермолаевич Ермолаев юлташа кандидата тăратрĕç.

Ермолаев юлташа кунти суйлавçăсем пурте лайăх пĕлеççĕ. Вăл 1917 çулта Мăн Вылă ялĕнче вăтам хресчен çемйинче çуралса ӳснĕ. 1937 çулта Ермолаев юлташ Калининăри педучилищĕрен вĕренсе тухать, вара учитель пулса ĕçлет. 1939—1945 çулсенче Совет Çарĕнче служба пулать. Вăл—Аслă Отечественнăй вăрçă участникĕ. 1943 çултанпа КПСС членĕ.

1946 çултанпа Ермолаев юлташ Мăн Вылăри çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ пулса ĕçлет. Хăйне шанса панă ĕçе чыслăн туса пырать. Вăл ачасене тĕплĕ тата лайăх пĕлӳ парассишĕн тăрăшать.

Шкул хуçалăхне тĕреклетес тĕлĕшпе те Ермолаев юлташ пысăк çитĕнӳсем турĕ. Шкул вĕренӳ çулне тата хĕле кĕме пур енчен те лайăх хатĕрленчĕ, иртнĕ çулта шкул йĕри-тавра 2 гектар çине илемлĕ хӳме тытса, сад тума йывăççем лартнă.

Ермолаев юлташ хăйĕн пĕлӳлĕхне ӳстерес тĕлĕшпе те куллен ĕçлет. Вăл иртнĕ çулта заочно йĕркепе учительски институтран вĕренсе тухнă. Кунсăр пуçне, Ермолаев юлташ ялти обществăллă ĕçе активлăн хутшăнать. Тăтăшах колхозниксем хушшинче тĕрлĕ темăсемпе докладсем тата лекцисем туса парать, калаçусем ирттерет. Кăçал та вăл ĕççыннисем валли темиçе доклад туса панă.

Колхозниксемпе колхозницăсем тата сӳс-кантăр заводĕнче ĕçлекенсем Ермолаев юлташа хисеплеççĕ. Вăл—авторитетлă çын.

Февралĕн 22-мĕшĕнче 4-мĕш суйлав округĕнчи суйлавçăсем хăйсен сассине халăхăн шанчăклă ывăлĕ, коммунист Хрисанф Ермолаевич Ермолаев юлташшăн парĕç.

**В ИГНАТЬЕВ.**

* * *

## Çĕнелнĕ Куславкка

Сур ĕмĕр каялла, Питĕрте кăларнă энциклопеди словарĕнче, Куславкка çинчен çапла çырнă:

«Шупашкар уездĕнчи, Хусан кĕпĕрнинчи Куславкка ялĕ. Шупашкартан 70 çухрăмра, Атăл хĕрринче ларать. Вăл хăйĕн пристанĕпе тата суту-илӳ тунипе палăрса тăрать. Çывăхри ялсенчен, пуринчен ытла, çăмарта туянса сутаççĕ. Çулсерен 3 миллион çăмарта Питĕр урлă Англие ăсатаççĕ. Йывăç япаласемпе те суту-илӳ тăваççĕ. Пристаньре 80 яхăн амбар. Кил-çуртсем—101, пурăнакан çынсем—588».

Революцичченхи Куславкка, патша Российĕн кашни кĕтесĕ пекех, эксплуататорсен ăшă йăви пулнă. Кунти помещик—çĕрсемпе вăрмансем, пăрахутсемпе армансем, купец—хăма завочĕ, усламçăсем хупахсем тытнă. Çывăхри çĕрсĕр хресченсем çак хуçасем патĕнче пилĕкĕсене авнă, «паян пурăнмалăх» çăкăр тупнă. Халăха кирлĕ учрежденисенчен Куславккара пĕр пуçламăш шкул çеç пулнă. Анчах унта та хресчен ачисем вĕренме пултарайман.

Совет влаçĕ вăхăтĕнче Куславкка район центрĕ пулса тăчĕ. Сталинла пилĕкçуллăхсенче кунта çуртсем тăвакан завод, унпа пĕрле рабочисен поселокĕ ӳссе ларчĕç. Куславккарах машина-трактор станцийĕ, известь тăвакан завод, промкомбинат, промысла артелĕсем ĕçлеççĕ. Халăх йышĕ энциклопедире кăтартнинчен вуншар хут нумайланчĕ.

Паянхи Куславкка промышленность предприятийĕсемпе кăна мар, культурăпа çутĕç тата сывлăх учрежденийĕсемпе палăрса тăрать. Кунта—виçĕ вăтам шкул, икĕ клуб, кинотеатр, виçĕ библиотека, радиоузел, больницăпа амбулатори, ача сачĕсемпе яслисем пур. Вырăнти Советсен суйлавĕ хыççăн район центрĕнче Культура çурчĕпе библиотека, рабочисен поселокĕнче—нумай хваттерлĕ çуртсем туса лартнă.

Куславккана уйрăмах çĕнĕ сăн-сăпат кӳртекенĕсем—заводпа рабочисен поселокĕ. Поселокра халĕ вунă урам. Карл Маркс урамĕ Комаровка ялĕпе сыпăнса ларчĕ. Ку урамра клубпа почта, вăтам шкулпа пионерсен çурчĕ, больницăпа амбулатори, ача сачĕсемпе яслисем тата ытти учрежденисем пур. Кунтах пысăк клуб тума тытăннă.

Рабочисем валли кану вăхăтне ирттерме лайăх майсем пур: анлă Атăл, унăн сыранĕсем, Тĕрлемес вăрманĕсем... Çулла парк, заводăн шыв станцийĕ, «Шахтер» обществин стадионĕ ĕçлеççĕ.

Куславкка Тăван çĕршывăн чылай районĕсемпе шыв çулĕпе тата чугун çулпа çыхăннă. Атăл тăрăх Куславкка заводне йывăç килет. Заводран чугун çул тăрăх пурăнмалли çуртсем ăсатаççĕ.

Çакăн пек паянхи Куславкка. Ыранхи Куславкка, паллах, тата илемлĕрех, тата пысăкрах пулмалла.

Куйбышев гидроэлектростанцине туни Куславккара та улшăну кӳрет. Атăла пĕвелесе çитернĕ хыççăн шыв шайĕ ку тăрăхра чылай хăпарать.

Суйлав кампанийĕсем вăхăтĕнче ĕççыннисем хăйсен Совечĕсен ĕçне тишкĕреççĕ, малашне ĕçлеме наказсем параççĕ. Вырăнти Советсене çĕнĕрен суйлама хатĕрленнĕ май, эпир, суйлавçăсен ячĕпе, Куславкка поселокне йĕркелесе илемлетес енĕпе çакăн пек сĕнӳсем парасшăн.

Государство çуртсем тăвакан завода коммунальнăй строительство валли çулсерен нумай укçа парать. Рабочисен поселокĕнче çĕнĕ çуртсем лартма пушă вырăн тек çук. Çавăнпа та темиçе хутлă, нумай хваттерлĕ пурăнмалли çуртсене малашне район центрĕнче, чи малтан Атăл хĕррине, лартмалла.

Çĕнĕ строительствăна анлăн туса пыма, паллах, материал нумай кирлĕ. Куславкка районĕнче строяматериал (чул, тăм, хăйăр, шлак т. ыт. те) çителĕклĕ. Çăмах строяматериал туса кăларакан çĕнĕ предприятисем уçасси çинчен пырать. Вырăнти промышленность министерстви енĕпе Куславкка районĕнче кирпĕч завочĕ лартмалла. Строяматериал управленийĕн известь завочĕн хăватне ӳстерес, унти ĕçсене механизацилес енĕпе кирлĕ мерăсем йышăнмалла. Çакă пирĕн иккĕмĕш сĕнӳ пулать.

Ĕççынни депутачĕсен Куславкка район Совечĕн тата поселок Совечĕн ĕççыннисен культурăпа кану ыйтăвĕсене тивĕçтересси çине тимлĕнрех пăхмалла. Ку тĕлĕшпе шыв станцийĕ тума, стадиона анлăлатма кирлĕ тесе шутлатпăр.

Район центрĕнчи кинотеатра юсама укçа-тенкĕ çителĕклĕ уйăрса панă. Анчах райсовет исполкомĕн кинофикаци пайĕ çав укçапа япăх усă курать, юсав ĕçĕсене вăраха тăсса пырать. Кинотеатра хăвăртрах юсаса пĕтерсе, йĕркеллĕ ĕçлеттерме пуçламалла! Çакă—пирĕн виççĕмĕш наказ.

Суйлавçăсем панă наказсене пурнăçа кĕртни Куславкка поселокне илемлĕрех тума, унта пурăнакансен культурăпа кану ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтерме пулăшĕ.

**М. ФИЛИППОВА,**
**Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ.**
**Т. ИВАНОВ,**
**«Коммунизм ялавĕ» корреспонденчĕ.**



Георгий Васильевич НИКОЛАЕВ,—
тарасасем юсакан заводри слесарь, 127-мĕш округ тăрăх Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне депутата суйлама регистрациленĕ кандидат.

## Кандидатсем суйлавçăсемпе тĕл пулчĕç

Çак кунсенче колхоз кадрĕсен шкулне Шупашкарти 66-мĕш тата 70-мĕш суйлав округĕсенчи суйлавçăсем хула Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсемпе тĕл пулма пухăнчĕç.

Хула Советне 70-мĕш округ тăрăх депутата суйлама кандидата тăратнă А. В. Морсков юлташăн («Советская Чувашия» хаçат редакторĕн заместителĕ) пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен доверённăй Е. Галямица юлташ каласа пачĕ.

66-мĕш округра сасăлама регистрациленĕ кандидат П. Е. Емельянова çинчен доверённăй М. Терентьев юлташ сăмах тухса каларĕ. Вăл Емельянова юлташăн пурнăçĕпе тата ĕçĕсемпе тĕплĕн паллаштарчĕ.

П. Е. Емельянова юлташ — хулари промкомбинатри малта пыракан стахановка. Вăл производство заданине 130—160 процент таран тултарать, пĕтĕмпех пĕрремĕш сорт продукци туса кăларать. Емельянова юлташ чунтан-чĕререн тăрăшса ĕçленине кура промкомбинатри рабочисемпе служащисем ăна хула Советне депутата суйлама кандидата тăратнă.

Пухура тухса каланă суйлавçăсем А. В. Морсковпа П. Е. Емельянова юлташсем халăх шанăçне тӳрре кăлармасăр пултарни çинчен каларĕç, суйлавçăсене вĕсемшĕн сасăлама чĕнчĕç.

В. Я. Шаховцевпа А. И. Иванов юлташсем пухура Шупашкар хула Совечĕн исполкомне строительство ĕçне çителĕксĕр ертсе пынăшăн критиклерĕç, хулара халăха медицина пулăшăвĕ парас ĕçе лайăхлатма кирлине палăртрĕç. Урамсене, кил хушшисене таса тытассишĕн хулари сывлăх пайĕ сахал тăрăшать, 11-мĕш вăтам шкулта вĕрентӳпе воспитани ĕçне кирлĕ пек йĕркелемен, терĕç вĕсем. Тухса калакансем хула Совечĕн çĕнĕ составне асăннă çитменлĕхсене пĕтерессишĕн ытларах тăрăшма сĕнӳ пачĕç.

Унтан Емельяновăпа Морсков юлташсем сăмах илчĕç. Вĕсем хăйсене пысăк ĕç шаннăшăн суйлавçăсене тав турĕç, суйлавçăсен шанăçне тӳрре кăларассишĕн тăрăшса ĕçлеме пулчĕç.

**И. ПРОХОРОВ.**

## Суйлавçăсен юратнă вырăнĕ

Шупашкарти М. Горький ячĕпе тăракан Центральнăй библиотека вырăнти Советсен суйлав кунне хатĕрленсе чылай ĕçсем туса ирттерчĕ. Библиотекăра 6-мĕш суйлав участокĕ вырнаçнă, унта кунсеренех суйлавçăсем нумай пулаççĕ. Библиотека работникĕсем суйлавçăсем хушшинчи ĕçе вĕсене февралĕн 22-мĕшĕнче коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блок кандидачĕсемшĕн сасăлама хавхалантарас тĕлĕшпе туса пыраççĕ. Кунта суйлавçăсем справкăсем илме те, суйлав литератури вулама, кандидатсен биографийĕсене пĕлме пултараççĕ.

Суйлав кунĕ çывхарнă май библиотекăра совет гражданĕсене Сталинла Конституци панă аслă правăсемпе тата обязанноçсемпе, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе, çĕнĕ пилĕк çуллăх планĕпа, Совет Союзĕнчи ĕççыннисем миршĕн кĕрешнипе паллаштарас ĕçе татах та вăйлатрĕç. Кунта тăтăшах лекцисемпе докладсем, калаçусем ирттереççĕ. Итлеме суйлавçăсем нумаййăн çӳреççĕ.

**Н. ИЛЬИН.**

Агитаторсене пулăшма

# Совет халăхĕн хĕçпăшаллă вăйĕсем

1953 çулхи февралĕн 23-мĕшĕнче Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултараççĕ. Çав кун пирĕн çĕршыври ĕççыннисен тата малта пыракан пĕтĕм этемлĕхĕн пысăк уявĕ пулса тăрать.

Большевиксен партийĕ тата унăн гениллĕ çулпуçĕсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин организациленĕ Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ пирĕн аслă Тăван çĕршывăн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне çивĕччĕн хураллаççĕ. Вĕсем социализмлă государствăн чиккисене, коммунизм обществи тăвакан совет çыннисен мирлĕ ĕçне тимлĕн сыхласа тăраççĕ, хăйсене халăх шанса панă ĕçе, Ленин — Сталин партийĕн аслă ĕçне чыслăн туса пыраççĕ.

I.

Совет Союзĕн хĕçпăшаллă вăйĕсем пирĕн социализмлă государствăпа пĕрле çуралнă. Вĕсене ĕççыннисен аслă çулпуçĕсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин организациленĕ тата кĕрешӳсенче туптаса пиçĕхтернĕ. Ленинпа Сталин çĕнĕ типлă çар туса хунă. Совет Çарĕ—ирĕке тухнă рабочисемпе хресченсен çарĕ, пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхĕн çарĕ, интернационализм шухăшĕпе вĕрентсе ӳстернĕ çар пулса тăрать.

Совет Çарĕпе Тинĕс-çар Флочĕ малтанхи кунран пуçласах Октябрьти Социализмлă Аслă революци çĕнсе илнисене, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен интересĕсене шанчăклă хураллакан пулса тăраççĕ.

Тĕнчери империалистсем совет республики çине тискер кайăк пекех шăл хăйрарĕ. Тĕнчери пĕрремĕш вăрçă пĕтиччен Америка, Англи, Франци, Япони империалисчĕсем, Российăри контрреволюцине пĕрлешсе, çамрăк совет республикине хирĕç хĕçпăшаллă вăйсемпе çапăçма пуçланă. Вĕсем Совет Российăне пĕтерсе тăкма, пирĕн çĕршыври халăхсене хăйсен чурисем туса хума шутланă. Çапла пирĕн çĕршывра граждан вăрçи тата ют çĕршывсен интервенцийĕ пуçланса кайнă.

Çамрăк совет республикине хирĕç хĕçпăшаллă интервенци тата контрреволюцилле каварсем организациленĕ—Америкăн вăрă-хурахла империализмĕ пулнă. Америка империалисчĕсем Совет правительствине сирпĕтсе антарасшăн, Совет Российăне хăйсен колонийĕ тата совет çыннисене хăйсен чурисем туса хурасшăн пулнă.

Америка империалисчĕсем совет республикин территорийĕ çинче питех те тискер ĕçсем тунă. Вĕсем вуншар пин совет çыннисене персе вĕлернĕ тата тĕрмесемпе концентрациллĕ лагерьсенче асаплантарса вĕлернĕ. Империалистсем хăйсем тытса илнĕ районсене çаратса тата юхăнтарса хăварнă.

Граждан вăрçипе интервенци пынă çулсенче В. И. Ленинпа И. В. Сталин çамрăк совет республикин оборонине организацилес тĕлĕшпе питĕ пысăк ĕç туса ирттернĕ. Вĕсем çĕршывăн мĕнпур вăйĕсене интервентсемпе белогвардеецсене çĕмĕрсе тăкма мобилизациленĕ. Нумай фронтсенче интервентсемпе белогвардеецсене çĕмĕрсе тăкмалли практикăллă задачăсене татса пама, çавăнпа пĕрлех хĕçпăшаллă вăйсене çĕнĕлле йĕркелеме тата совет çар наукин никĕсĕсене туса хатĕрлеме Ленин хăйĕн чи çывăх соратникне Сталин юлташа хушнă.

Граждан вăрçи çулĕсенче партин Центральнăй Комитечĕ тата В. И. Ленин хăй чи ответлă тата революцишĕн хăрушă фронтсене Сталин юлташа янă. Совет влаçне тĕреклетессишĕн, Тăван çĕршыв ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн пынă паттăр кĕрешӳн историне Сталин юлташ ятне ылтăн саспаллисемпе çырса хунă.

Пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем Ленин — Сталин партийĕ хавхалантарса пынипе граждан вăрçин йывăр çулĕсенче интервентсемпе белогвардеецсен вăйлăн хĕçпăшалланнă çарĕсене çĕмĕрсе тăкрĕç.

Интервентсемпе белогвардеецсен çарĕсене çĕмĕрсе тăкса пирĕн Тăван çĕршывран хăваласа кăларнă хыççăн совет халăхĕ мирлĕ социализм строительствине пуçăнчĕ. Вăрçă умĕнхи сталинла пилĕкçуллăхсенче çĕршыва индустриализациленине тата ялхуçалăхне коллективизациленине пула совет халăхĕ пирĕн государствăн оборона вăй-хăвачĕн экономикăллă никĕсне туса хучĕ, Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотне пирĕн халăх тĕнчери чи лайăх техникăпа хĕçпăшаллантарчĕ.

Коммунистсен партийĕ Сталин юлташ кăтартса панисене пурнăçа кĕртсе, çарпа флот валли пултарулă командирсен кадрĕсене воспитани парса ӳстерчĕ.

Сталин юлташ совет çар наукине ывăнма пĕлмесĕр малалла аталантарса пычĕ, Совет государствин хĕçпăшаллă вăйĕсене йĕркелемелли наукăллă принципсене никĕслесе пачĕ.

Мирлĕ строительство çулĕсенче Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ, Сталин юлташ ертсе пынипе, ку чухнехи чи лайăх хĕçпăшаллă вăйсем пулса тăчĕç. Тĕнчери империалистсем, Совет государствин çирĕплĕхне тĕрĕслесе пăхас тата совет çыннисен мирлĕ ĕçне чарса лартас тесе, хĕçпăшалпа килсе тапăннине пирĕн Çарпа Флот пĕр хут çеç мар çирĕп отпор пачĕç.

II.

Аслă Отечественнăй вăрçă пирĕн çĕршывшăн, пирĕн халăхшăн, пирĕн хĕçпăшаллă вăйсемшĕн питех те пысăк тĕрĕслев пулчĕ. Вăл пирĕн Тăван çĕршыв тӳссе ирттернĕ мĕнпур вăрçăсенчен чи йывăрри пулчĕ. Çав вăрçăра пирĕн социализмлă державăн тĕнчери империализмăн ударнăй вăйне хирĕç—фашистла Германие хирĕç вăрçă вăрçмалла пулчĕ.

Америкăпа Англи империалисчĕсем — пирĕн халăхăн тахçанхи хаяр тăшманĕсем—гитлерла Германие нумай вăхăт хушши тата çине тăрсах Совет Союзĕ çине тапăнма хатĕрленĕ. Шăпах США-ри, Англири тата Францири пуç пулса тăракан империалистла ушкăнсем ĕнтĕ Гитлер влаçа тытса илессине экономикăпа дипломати енчен хатĕрленĕ, ăна Германин çар вăйĕсене çĕнĕрен туса йĕркелеме, нимĕçсен фашистла çарне хĕçпăшаллантарма тата тĕнчери иккĕмĕш вăрçа чĕртсе яма пулăшнă.

Совет Союзне хирĕç Гитлер вăрçă пуçласа яни США империалисчĕсене питĕ савăнтарнă, мĕншĕн тесен вĕсем фашистла çар машини пулăшнипе пирĕн социализмлă государствăна пĕтерсе тăкма е, пĕтерсе тăкма май килмесен, вăйсăрлатса хăварма ĕмĕтленнĕ. Халăх массисем хушнине пула США империалисчĕсем фашистла Германие хирĕç вăрçа хутшăннă пулин те, вĕсем вăрçă вĕçлениччен Совет Союзĕ тĕлĕшпе хăйсен тăшманла политикине тытса пынă. Пирĕн Тăван çĕршыва вăйсăрлатас, юхăнтарса хăварас тесе, Америкăпа Англи империалисчĕсем Европăра иккĕмĕш фронт уçассине пур майсемпе те тăсса пычĕç. Вĕсем çынвĕлерен Гитлерпа сепаратлă мир тăвасси çинчен вăрттăн калаçусем ирттернĕ.

Анчах Америкăпа Англи империалисчĕсен ĕмĕчĕсем пурнăçа кĕмерĕç. Большевиксен партийĕ, юратнă çулпуçăмăр Сталин юлташ чĕннипе пирĕн пĕтĕм халăх Тăван çĕршыва хӳтĕлеме çĕкленчĕ. Сталин юлташ 1941 çулхи июлĕн 3-мĕшĕнче халăха чĕнсе каланинче совет çыннисене социализмлă Тăван çĕршыва, Октябрьти Социализмлă Аслă революци çĕнсе илнисене хӳтĕлеме чĕнчĕ, хаяр тăшмана аркатса тăкма мĕн тумаллине кăтартса пачĕ.

Юратнă çулпуç чĕнни çине совет çыннисем фабрикăсемпе заводсенче, колхозсемпе совхозсенче пĕтĕм вăя хурса ĕçленипе ответлерĕç. Пĕтĕм çĕршыв пĕрлĕхлĕ вăрçă лагерĕ пулса тăчĕ. Совет халăхĕ хăйĕн вăйĕсене шеллемесĕр фронт валли мĕн кирлине пурне те парса тăчĕ.

Вăрçă пуçлансанах пирĕн Тăван çĕршывăн хĕçпăшаллă вăйĕсене ертсе пырас ĕçе гениллĕ полководец Сталин юлташ хăй çине илчĕ. Аслă çулпуç çав йывăр çулсенче пирĕн çĕршывăн, пирĕн халăхăн кун-çулĕшĕн пĕтĕм ответлăха хăй çине илчĕ.

Сталин юлташа Оборонăн Государственнăй Комитечĕн Председателĕ, унтан ССР Союзĕн Оборона Халăх Комиссарĕ тата Совет государствин Хĕçпăшаллă Вăйĕсен Верховнăй Главнокомандующийĕ пулма уйăрса лартни совет çыннисене вăрçăн йывăр тĕрĕслевĕсенчен çĕнтерӳ тунипе тухма пулăшрĕ.

Совет государстви тата унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем умне вăрçă пуçлансанах питех те пысăк йывăрлăхсем тухса тăчĕç. Гитлеровецсем пирĕн çĕршыв çине кĕтмен çĕртен тапăнса кĕни вăрçă пуçламăшĕнчех вĕсемшĕн усăллă пулнă. Агрессиллĕ вăрçă пуçласа янă фашистла Германин çарĕ пĕтĕмпех мобилизациленсе çитнĕ тата унăн Хĕвеланăç Европăра икĕ çул хушши вăрçă туса пынă опыт пулнă. Нимĕçсем пиншер танксемпе тата самолетсемпе хĕçпăшалланнă 170 дивизие СССР чиккисем патне илсе пынă та совет çĕршывне хирĕç кĕтмен çĕртен вăрçа кĕртсе янă. Фашистла çар машини валли Германи промышленноçĕ кăна мар, Европăри ытти нумай государствăсен промышленноçĕ ĕçлесе тăнă.

Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн воинĕсем пирĕн çĕршывшăн питех те йывăр условисенче тăшмана хирĕç паттăррăн çапăçрĕç. Ăна пысăк сухатусем кӳчĕç. Оборонăра тăрса çапăçнă чухне совет воинĕсем пысăк тӳсĕмлĕх кăтартрĕç, Тăван çĕршыв ирĕклĕхĕшĕн хăйсене шеллемесĕр çапăçрĕç. Тăшмана хăваланă чухне вĕсем нихçан пулман хăюлăхпа ăсталăх кăтартрĕç.

Фронтра çапăçнă воинсем хăйсене тылри паттăрсем пулăшнине куллен туйса тăчĕç. Пирĕн рабочисем, колхозниксем, ученăйсем, инженерсем, служащисем ун чухне фабрикăсемпе заводсенче, колхозсемпе совхозсенче, учрежденисенче хăйсен вăйĕсене шеллемесĕр ĕçлерĕç.

Европăри нумай çĕршывсене кĕске вăхăтрах тытса илсе чуралантарнă гитлеровецсен çарĕсем Совет Союзне уйăх çурă—икĕ уйăх хушшинче пĕтерсе тăкма шутланă. Анчах та вĕсен ĕмĕчĕ пурнăçа кĕреймерĕ. Гениллĕ полководец Сталин юлташ ертсе пынипе Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ, активлă оборонăра тăрса çапăçса, фашистсен чи лайăх дивизийĕсене çĕмĕрсе тăкрĕç, тăшмана вăйсăрлатрĕç.

1941—1942 çулхи хĕлле Совет Çарĕ Мускав патĕнче гитлеровецсен çарĕн пĕр миллион çынлă ушкăнне çĕмĕрсе тăкрĕ, нимĕç фашисчĕсен дивизийĕсене хĕвеланăçнелле вырăнĕ-вырăнĕпе 400 километр ытла каялла хăваласа ячĕ.

Нимĕçсене Мускав патĕнче çĕмĕрсе тăкни Гитлерăн «çиçĕмле вăрçă» планне путлантарчĕ. Мускав патĕнче питĕ пысăк поражени тӳснĕ пулин те, гитлерла командовани пирĕн çĕршыв столицине тытса илес шухăша пăрахман. США-ри пуç пулса тăракан ушкăнсем, Совет Союзĕ тĕлĕшпе тăшманла политика тытса пырса, Европăра иккĕмĕш фронт уçассине чарса тăни нимĕçсен фашистла командованине, пĕр вырăна нумай вăйсем пухса, кăнтăр-хĕвеланăç енче наступление куçма май пачĕ. Гитлерла командовани хăйĕн çарĕн тĕп вăйĕсене Сталинград патнелле тĕллесе янă.

Совет Çарĕ хаяр çапăçусенче фашистла командовани планне путлантарчĕ, Сталинград патĕнче тата Çурçĕр Кавказра нимĕçсем малалла тапăнса пырассине чарчĕ.

1942—1943 çулхи хĕлле пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем Сталинград патĕнче хăватлă контрнаступление куçрĕç, нимĕçсен 330 пин çынлă çарне аркатса тăкрĕç. Çакă вăрçăсен историйĕнче халиччен курман чаплă çĕнтерӳ пулчĕ, совет çар науки ку чухнехи малта пыракан çар

# Обществăллă хуçалăх—артель вăй-хăвачĕн çăлкуçĕ

## *Колхозри отчетпа суйлав пухăвĕнчен*

— Колхоз пĕрлешсе пысăкланнăранпа,—тесе пуçларĕ хăйĕн отчетлă докладне правлени председателĕ Евтихий Андреевич Андреев,—паян шăп икĕ çул тултарчĕ. Çак вăхăт хушшинче эпир, ялхуçалăх артелĕн Уставне çирĕп пăхăнса ĕçлесе тата партипе правительство панă кăтартусене пурнăçласа, артелĕн обществăллă хуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе чылай çитĕнÿсем турăмăр. Анчах партин XIX-мĕш съезчĕ социализмлă ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсене асра тытсан, пирĕн çитĕнÿсем питех те пĕчĕк-ха.

Малалла докладчик 1952 çулта артель членĕсем тырпул тухăçлăхне ÿстерессишĕн, йышлă та пысăк тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн, артелĕн обществăллă хуçалăхне малалла вăйлăн аталантарассишĕн мĕнле кĕрешни çинчен тĕплĕн каласа парать.

— Иртнĕ çулта эпир 1.106 гектар çĕр лаптăкĕ çинче вăтам шутпа кашни гектартан 11,37-шер центнер тĕштырă туса илнĕ. Хăмăртура малти вырăна Иван Магаев юлташ ертсе пыракан бригада тухрĕ. Ку бригадăри колхозниксемпе колхозницăсем, чун-чĕререн тăрăшса ĕçлесе, вăтам шутпа кашни гектартан 14,34-шер центнер тĕштырă пухса кĕртнĕ. Виççĕмĕшпе улттăмĕш уй-хир бригадисем те тухăçлă тырпул пăхса ÿстерчĕç. Уй-хир ĕçĕнчи ытти виçĕ бригада вара вăйлă тырпулшăн начар кĕрешнĕ. Сăмахран, Спаскин юлташ ертсе пыракан иччĕмĕш уй-хир бригади гектартан 8,43-шер центнер тĕштырă пухса кĕртнĕ, урăхла каласан, вăл виççĕмĕш уй-хир бригадинчен (çĕр лаптăкĕсем иккĕшĕн те пĕр пекех) 721 центнер сахалтарах тырă туса илнĕ. Çак бригада уй-хир ĕçĕсене вăраха хăварса тунă, тырпула чылай тăккаланă. Пур бригадăсем те уй-хирти ĕçсене вăхăтра, йĕркеллĕ иттернĕ пулсан, артель членĕсем хальхинчен пĕрер килограмм ытларах тырă илнĕ пулĕччĕç.

Иртнĕ çул колхоз уйрăмах техникăллă культурăсем акса тăвас ĕç çине питĕ тимлĕн пăхнă. 30 гектар кантăр акса кашни гектартан 5,5-шер центнер кантăр вăрри, 22-шер центнер кантăр сурăмĕ туса илнĕ. Государствăна кантăр вăрри тата кантăр сÿсĕ парса 129 пин тенкĕ укçан, 400 центнер тулă, 800 килограмм çу тата жмых чылай илнĕ. Техникăллă культурăсем ытларах акса туни колхоз хуçалăхне вăйлăн ÿстерме май пачĕ.

Государствăна тырă памалли плана вăхăтра пурнăçланă. Уставра кăтартнă фондсене хывнă, кашни ĕçкунĕ пуçне 2,25-шер килограмм тĕштырă, 2,7-шер килограмм çĕрулми тата утă-улăм валеçсе панă.

— Иртнĕ çулталăк хушшинче выльăх-чĕрлĕх йышĕ те тата унăн тухăçлăхĕ те ăнăçлă ÿссе пычĕ,—тет малалла Андреев юлташ.—Артель продуктивлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана иттерсе пурнăçланă. Кашни сăвакан ĕнерен вăтам шутпа 1.517-шер килограмм сĕт суса илсе. колхоз республикăри колхозсен ăмăртăвĕнче вунтăваттăмĕш вырăна тухнă. Государствăна планран иттерсе сĕт сутса çĕнĕ автомашина туяннă.

Колхоз председателĕ отчетра уйрăмах сысна фермиче ĕçлекен колхозниксем тунă çитĕнĕве палăртать. Çулталăк хушшинче вĕсем кашни ама сыснаран 17-шер çура илнĕ. Колхоз пĕр çул хушшинче 260 пин тенкĕлĕх сысна какайĕ сутнă. 1952 çулта колхоз выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутса пĕтĕмпе 400 пин тенкĕ тупăш илнĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçпе районта чи малти вырăна тухнă.

Колхоз председателĕ Е. Андреев юлташ хăйĕн докладĕнче сурăх тата чăх-чĕп фермисен заведующийĕсен И. Максимовпа Т. Волков юлташсен ĕçĕсене хытă критиклерĕ. Вĕсем хăйсен пĕлĕвне ÿстерсе пымаççĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕçĕнче малта пыракансен опычĕпе анлăн усă курма тăрăшмаççĕ. Çакăн пирки ĕнтĕ колхоз иртнĕ çулта кашни сурăхран 1,8-шер килограмм çăм, кашни чăхран 37-шер çăмарта кăна илнĕ.

Унтан колхоз председателĕ артелĕн укçа-тенкĕ тупăшĕпе расхочĕсем çинчен чарăнса тăчĕ. План тăрăх çулталăк хушшинче хуçалăхра 400.300 тенкĕ тупăш илме палăртнă, 667.576 тенкĕ илнĕ. Çак тупăшран колхозăн пайланман фондне 114 пин тенкĕ хывнă, 206 пин тенкĕ колхозăн пурлăхне çĕнĕрен хушнă çĕре янă, 148 пин тенкĕ ĕçкунĕсем тăрăх валеçнĕ. Çулталăк хушшинче колхоз çĕнĕрен лаша витисем—4, сысна витисем—2 тата выльăх-чĕрлĕх работникĕсене валли общежитисем лартнă, ялхуçалăх машинисем чылай туяннă.

Юлашкинчен Андреев юлташ колхозăн шалти резервĕсемпе туллин усă курмалли майсене палăртрĕ, колхозниксемпе колхозницăсене артелĕн обществăллă хуçалăхне малалла вăйлăн аталантарассишĕн, партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă тĕп задачăна пурнăçлассишĕн—ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерессишĕн, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне чылай ÿстерессишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлеме чĕнчĕ.

Артель правленийĕн отчетне итленĕ хыççăн, пуху ревизи комиссийĕн докладне тата МТС директорĕ Лаврентьев юлташ колхозпа МТС пĕр пĕрин хушшинче тунă договора мĕнле пурнăçлани çинчен каласа панине итлерĕ.

Çакăн хыççăн артель членĕсем колхоз правленийĕн çулталăкри отчетне сÿтсе явма тытăнаççĕ. Чи малтан ĕне фермин заведующийĕ П. Оньков коммунист сăмах илет. Вăл, партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсене аса илтерсе, халиччен тунă ÿсĕмсемпе лăпланса ларма кирлĕ марри çинчен, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерессишĕн тата ытларах тăрăшса ĕçлеме кирли çинчен калать, колхоз правленийĕ ĕнесем валли стандартлă витесем тăвас, улăх-çарансене лайăхлатас тата куракссем акса тăвас ĕç çине çителĕксĕр çаврăнса пăхнине палăртать.

Тăххăрмĕш уй-хир бригадин бригадирĕ В. Федоров юлташ кая юлса пыракан бригадăсем çине тивĕçлипе çаврăнса пăхманшăн колхоз правленине критиклет.

— Манăн бригадăна та, иччĕмĕшпе саккăрмĕш бригадăсене те пулăшу кирлĕ,—тет вăл.—Вĕсем тăрăшса ĕçлеменни колхоза та, колхозниксене те сиен кÿчĕ. Малашне правлени те, колхозниксем те çак бригадăсем çине тимлĕн çаврăнса пăхмалла. Пурин те тырă ытларах туса илессишĕн вăя шеллемесĕр тăрăшмалла. Ĕçрен пăрăнса çÿрекен хăшпĕр колхозниксене сивлемелле. Сăмахран, илер Скворцов колхознике. Вăл çăвĕпе те пĕр ĕçкунĕ туман. Бригадăри ытти арçынсем те уй-хир ĕçне сахал хутшăнаççĕ. Тырпула хĕрарăмсен вăйĕпе пустарса кĕртрĕмĕр. Суха тума çамрăк ачасене яма тиврĕ.

— Андреев юлташ председатель пулса ĕçлеме пуçланăранпа пирĕн колхоз чăн та вăйлăн аталанма тытăнчĕ. Халĕ колхозниксем хастарлăрах ĕçлеççĕ. Анчах эпĕ пысăк йăнăш турăм. Манăн пускилсем колхозра ĕçлерĕç—тырăллă пулчĕç, эпĕ аякра ĕçлерĕм, нимĕн усси те пулмарĕ. Эпĕ те малашне колхозра тÿрĕ кăмăлпа ĕçлеме сăмах паратăп. (Залран:—миçе ĕçкунĕ тума шутлатăн? тесе ыйтни илтĕнет). Кăçал 300 ĕçкунĕнчен кая мар тăвататăп. Çакна çеç каласшăнччĕ эпĕ,—терĕ А. Скворцов колхозник. Иртнĕ çулта вăл колхоз ĕçне хутшăнманшăн халĕ хăй те пăшăрханать.

Пухура çавăн пекех правлени членĕ Г. Скворцов, иччĕмĕш бригадăн бригадирĕ И. Спаскин, чăх-чĕп фермисен заведующийĕ Т. Волков тата ыттисем те тухса калаçрĕç. Пренире тухса калаканисем колхозра çуракине хатĕрленес ĕç çителĕксĕр пынине палăртрĕç, ĕç дисциплинине çирĕплетес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнманшăн, ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисене вăхăтра пĕтерменшĕн колхоз правленине критиклерĕç, обществăллă хуçалăха малалла вăйлатса пымалли çулсене кăтартса пачĕç.

Артель членĕсем уйрăмах МТС ĕçне хытă критиклерĕç: 1952 çулта машинатрактор станци колхозпа тунă договора чылай ĕçсем енĕпе пурнăçламан, ялхуçалăх ĕçĕсене тумалли срокĕсене пăснă. МТС дирекцийĕ те, колхоз правленийĕ те трактор бригадипе уй-хир бригадисем хушшинчи ĕçлĕ туслăха çирĕплетессишĕн сахал тăрăшнă, çакă вăйлă тырпул туса илес ĕçре чылай чăрмантарнă.

Пуху правлени çителĕклĕ ĕçленĕ тесе йышăнчĕ тата ревизи комиссийĕн отчетне çирĕплетрĕ.

Колхоз председателĕ пулса ĕçлеме артель членĕсем, пурте пĕр саслă пулса, каллех Е. А. Андреев юлташа суйларĕç. Правлени составне колхозăн чи лайăх çыннисене кĕртрĕç.

Артель членĕсем хăйсен умне çакăн пек задача лартрĕç: çывăх вăхăтрах çуракине пур енчен те хатĕрленсе çитмелле; кăçалхи ялхуçалăх ĕçĕсене питĕ лайăх туса иттермелле; 1953 çулта кашни гектартан 100 пăтран кая мар тырпул пухса кĕртмелле, вăтам шутпа кашни сăвакан ĕнерен 2 пин килограмран кая мар сĕт суса илмелле, кашни ама сыснаран 20-шер çура илмелле, артелĕн çулталăкри укçа-тенкĕ тупăшне пĕр миллион тенке çитермелле; государство умĕнчи мĕнпур обязательствăсене срокчен пурнăçламалла.

Çакна вĕсем пурнăçлаççех.

**П. ПАВЛОВ.**

**Сталин ячĕпе тăракан колхоз, Муркаш районĕ.**

## АРТЕЛЬ ЧЛЕНĔСЕН ĂМĂРТĂВĔ

КАНАШ. Сталин ячĕпе тăракан промартель членĕсем суйлав кунне тимлĕн хатĕрленеççĕ. Артель январь уйăхĕнче 141.000 тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ, плана иттерсе тултарчĕ. Стахановла вахтăна тăрса, чылай юлташсем ĕç нормине куллен 135—140 процент тултарса пыраççĕ.

Артель членĕсем февраль уйăхĕнче 160.000 тенкĕлĕхрен кая мар продукци туса кăларма обязательство илчĕç. Çавăн хыççăн артельте социализмлă ăмăрту тата вăйланчĕ.

**А. КАХОВСКИЙ.**

## Аслă план

Капăр тумлă Атăл леш енчен
Çар хĕвел хăпарчĕ çуталса.
Пилĕк çуллăх аслă План çинчен
Эп вуларăм тимлĕн, савăнса.

Кăмăллă та ырă çĕн хыпар
Çĕклентерчĕ халăх кăмăлне.
Коммунизм ĕмĕт кăна мар—
Хăвăрт çывхаратпăр ун патне.

Тумалла тăван хула ГЭС-не,
Шупашкар ГЭС-не! Хавас чĕре!
Çĕнететпĕр анлă çĕр питне,
Çирĕпрех пулас килет ĕçре.

Кĕрлĕç пысăк, канăçсăр хумсем
Çĕнĕ Шупашкарăм умĕнче.
Вăй-выляса вĕçĕç чарлансем
Хамăр тунă тинĕс çийĕнче.

Хĕсĕç хулара хитре çуртсем,
Юмахри пек тăрĕç çуталса.
Уртăнĕç илемлĕ кĕперсем
Сăрт çинчен сăрта тÿр çул хывса.

Тин кăларнă çирĕп кирпĕчпе
Сурт-йĕрсем çĕкленĕç пĕлĕтех.
Сталин панă ырă тивлетпе
Пурнăç хитреленĕ кулленех.

Юрататăп эп чечен ирĕ,
Калама çук усă кăкăра!
Сутçанталăк парăнать пире
Çĕнтерÿллĕ, паттăр стройкăра.

Ленин—Сталин аслă партипе
Тав тăватпăр ырлăх панăран.
Тав тăватпăр Сталин аттене
Çак телейлĕ пурнăçшăн чунтан.

**Василий АЛЕНДЕЙ.**

## Государство пулăшăвĕ

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви çамрăк ăрăва воспитани парассишĕн куллен тăрăшаççĕ. Пирĕн çĕршывра нумай ачаллă амăшĕсене, тăлăхсене пособи парса тăмалла тунă. Правительство 1936 çулта кăларнă закон тăрăх нумай ачаллă семьесене пирĕн республикăра 8 çул хушшинче 68.266.000 тенкĕ пособи панă.

Аслă Отечественнăй вăрçăн йывăр çулĕсенче те правительство нумай ачаллă семьесемпе ача амăшĕсене манмарĕ. 1944 çулхи июлĕн 8-мĕшĕнче кăларнă Указ тăрăх вĕсене паракан пособие чылай ÿстерчĕ. Нумай ача пăхса ÿстерекен амăшĕсене орденсемпе медальсем тата хисеплĕ ят памалла тунă.

Унтанпа сакăр çул иртрĕ. Çак вăхăт хушшинче—кăçалхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне пурĕ 221.468.000 тенкĕ пособи укçи тÿленĕ. Çакă вăл малтанхи закон тăрăх 8 çул хушшинче панă пособи укçинчен виçĕ хут нумайрах пулать.

Нумай ачаллă амăшĕсене пĕр вăхăтлăх пособи 200 тенкĕрен пуçласа 2.500 тенкĕ таран параççĕ. Çакăн пек пособие пурĕ 13.500 хĕрарăм илме тивĕçлĕ пулнă.

Халĕ пирĕн республикăра 44 пин хĕрарăм государствăран пособи укçи илсе тăрать. Вĕсене пĕлтĕр 37.150.000 тенкĕ укçа панă.

Уйрăм çынсенчен Йĕпреç районĕнчи Шăрттан ялĕнчи ача амăшĕ-героиня Асанова государствăран 37 пин тенкĕ, çав районти Пĕчĕк Патăръел ялĕнчи Степанова юлташ 77 пин тенкĕ пособи илнĕ. Çавăн пек семьесем республикăра çĕршер шутланаççĕ.

Çĕнĕ çул тĕлне республикăри 43.880 хĕрарăма орденсемпе медальсем парса наградăланă.

**А. ИСАЕВ.**

## Съезд материалĕсене вĕренеççĕ

ЭЛĔК. Сурăмпуç Шĕмшешри çичĕ çул вĕренмелли шкулти учительсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене вĕренес тĕлĕшпе семинар организацилерĕç. Семинарта çичĕ учитель вĕренет. Ку таранччен 7 заняти пулса иртрĕ. Унта Сталин юлташăн съездра тухса каланă сăмахне, Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă отчетлă доклада вĕренчĕç. Халĕ партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсене вĕренме тытăнчĕç. Учительсем вĕреннĕ темăсемпе конспектсем çырса пыраççĕ.

Съезд материалĕсене вĕреннисĕр пуçне, учительсем Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине хăйсем тĕллĕн вĕренеççĕ.

**С. ТИХОНОВ,**
**семинар руководителĕ.**

* * *

ВĂРМАР. Тикашри çичĕ çул вĕренмелли шкулти учительсем партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тата Сталин юлташăн классикăлла çĕнĕ произведенийĕсене тарăннăн вĕренеççĕ. Кружок занятийĕсене шкул директорĕ В. Маклаков юлташ иттерет. Учительсем занятисене пурте йĕркеллĕ çÿреççĕ, унта тĕплĕн хатĕрленсе пыраççĕ.

Шкулти пуçламăш парторганизаци учительсен идейăллă-политикăллă пĕлĕвĕсене ÿстересси çине куллен тимлĕн пăхать. Парти пухăвĕсенче учительсен политикăллă вĕренĕвне лайăхлатас ыйтусене час-часах сÿтсе яваççĕ.

Халĕ учительсем И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ ĕçне вĕренеççĕ. Съезд материалĕсене тата Сталин юлташăн классикăлла произведенийĕсене вĕренме пуçланăранпа учительсем шкулти вĕрентÿпе воспитани ĕçне палăрмаллах аванлатрĕç. С. Иванов, В. Викторова, В. Маклаков, З. Спиридонова, А. Андреева учительсем вĕрентекен предметсемпе ĕлкĕрсе пырайманнисен шучĕ чылай чакрĕ, уроксен идейăллă шайĕ ÿсрĕ.

Учитель-агитаторсем ĕççыннисем хушшинчи агитаци ĕçне политика тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра туса пыраççĕ, суйлавçăсем хушшинче калаçусем, докладсем нумай иттереççĕ.

**Г. МАТВЕЕВ.**

## Чир-чĕртен сыхланма вĕрентес ĕçе лайăхлатмалла

Юлашки вăхăтра культурăллă-массăллă ĕç чылай вăйланчĕ. Халăх хушшинче лекцисемпе докладсем иттерме медицина работникĕсем те активлăрах хутшăнма тытăнчĕç. Нумай пулмасть Шупашкарти Пионерсен суртĕнче медицина наукин кандидачĕ П. Н. Осипов юлташ «Чĕре чирлессинчен мĕнле сыхланмалла» темăпа лекци вуласа пачĕ. Унăн лекцине 400 çын итлерĕç. Лекци итлекенсен кăмăлне кайрĕ. Пожарниксен клубĕнче М. Ефимов врач «Тĕлĕкпе гипноз» тема тăрăх вуласа панă лекцие итлеме 300 çын ытла пухăнчĕ. О. Озерова врач арçын ачасен 4-мĕш шкулĕнче вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсем валли «Шкулта вĕренекен ачан режимĕ çинчен» лекци вуласа пачĕ, унăн лекцине 260 çын итлерĕ.

Юлашки вăхăтра республикăри хуласемпе ялсенче куç чирне тĕрĕслерĕç. Ку ĕçе тунă чухне медицина работникĕсем чир-чĕртен сыхланмалли майсем тата кил-çурта, кĕпе-тумтире таса тытма кирли çинчен калаçусем чылай иттерчĕç, медицина литературине халăх хушшинче сарма пулăшрĕç.

Халăх хушшинче юратса ĕçлекен медицина работникĕсем пирĕн сахал мар. Вĕсенчен пĕри—Йĕпреç райисполкомĕн сывлăх пайĕн заведующийĕ Л. Смирнова врач. Вăл районти санитарипе эпидемиологи станцийĕ çумĕнче лекторсен ушкăнĕ тунă. Ку ушкăнра тăракан врачсем А. Федорова, Р. Табакова, Е. Калябина тата ыттисем те районти Культура суртĕнче, Черноречекски вăрман пункчĕн клубĕнче час-часах лекцисем вулаççĕ. Лекторсен ушкăнĕнче тăракан ытти медицина работникĕсем хăйсен участокĕсенчи халăх хушшинче лекцисемпе калаçусем иттереççĕ. Кунта санитари çинчен пропагандăлас ĕçе учительсене те хутшăнтарнă. Шкулсен вĕрентÿпе воспитани ĕçĕн планĕсенче вĕренекенсем валли санитари тата гигиена çинчен лекцисемпе калаçусем иттерме палăртнă.

Халăх хушшинче ĕçлес тĕлĕшпе Йĕпреç райисполкомĕн сывлăх пайĕ культурăпа сутĕç пайĕпе тачă çыхăну тытать. Участоксенчи врачсемпе фельдшерсем вулав çурчĕсемпе клубсенче час-часах лекцисем вулаççĕ, калаçусем иттереççĕ. Медицина работникĕсенчен кам тата хăçан мĕнле темăпа лекци е калаçу иттермеллине вулав çурчĕсемпе клубсен ĕç планĕсенче малтанах палăртса хураççĕ. Врачсем районти культура суртĕнче учительсемпе вĕренекенсем валли лекцисем вуласа параççĕ.

Шупашкарти медицина учрежденийĕсенче ĕçлекен врачсенчен чылайăшĕ, çав шутра медицина наукин кандидачĕсем А. Фадеева, Н. Лупова, П. Осипов, врачсем М. Ефимов, З. Ковшова, А. Маркова, В. Петрова, Б. Плетнев тата ытти юлташсем те лекцисем вулама активлă хутшăнаççĕ.

Çав вăхăтрах хулари врачсенчен çурри ытла лекцисем вулама пачах хутшăнмасть-ха. Çакă мĕнрен килет-ши?

Хула Совет исполкомĕн сывлăх пайĕ те, медицина учрежденийĕсен руководителĕсем те халăх хушшинче лекцисемпе калаçусем организацилес ĕç çине çиелтен пăхаççĕ. СССР Сывлăх министерстви хушнă тăрăх, кашни медицина работникĕн санитари пропаганди енĕпе уйăхра 6—12 сехетрен кая мар ĕçлемелле. Анчах çак йĕрке мĕнле пурнăçланса пынине никам та тĕрĕслемест. Ку ĕç хăй тĕллĕн пулса пырасси çине шаннă пирки, хулан аякри пайĕсенче пуранакансем медицина ыйтăвĕсемпе квалификациллĕ лекцисем итлеймеççĕ.

Врачсем лекци вулас умĕн вĕсен тезисĕсемпе конспекчĕсене тĕрĕслени, реферачĕсене врачсен канашлăвĕсенче сÿтсе явни лекцисен пахалăхне ÿстерме пулăшĕччĕ. Анчах çак ĕçе йĕркелемен, тезисемпе конспектсене нумай çĕрте пăхса тухмаççĕ.

Халăха чир-чĕртен сыхланма вĕрентекен лекцисем радио тăрăх сахал вулаççĕ, районти хаçатсемпе стена хаçачĕсенче врач канашĕсем пулмаççĕ.

Апат-çимĕç промышленноçĕнче, столовăйсенче, суту-илÿре, йăла учрежденийĕсемпе предприятийĕсенче (мунча, прачечнăй) ĕçлекенсене санитари минимумне вĕрентмелле, анчах çак ĕç те кирлĕ пек пулса пымасть. Нумай предприятисен руководителĕсем санминимум курсĕсене иттерме вăхăтра укçа уйăрса памаççĕ. Çавна пула ку ĕç вăраха тăсăлать.

Санитари пропагандинчи çакăн пек пысăк çитменлĕхсене пĕтерес пулать. Халăха чиртен сыхланма, таса пурăнма вĕрентесси вăл—пысăк ĕç. Ку ĕçе пĕтĕм культурăллă вăй хутшăннипе çеç ăнăçлă пурнăçласа пыма пулать. Кашни медицина учрежденийĕн санитари пропагандин планĕ пулмалла. Çав план мĕнле пурнăçа кĕрсе пынине тăтăшах тĕрĕслесе тăни кирлĕ.

Пĕр вăхăтра хуласемпе ялсенче сануполномоченнăйсем уйăратчĕç. Вĕсем вара кам кил-çурта, пÿлĕмсене таса тытнине тĕрĕслесе çÿретчĕç. Çакă вара кил хуçи хĕрарăмĕсене пÿрт-çурта яланах тирпейлĕ те йĕркеллĕ тытса усрама хĕтĕртетчĕ. Кун пек ĕçе халĕ те анлă сарни усăллă пулĕччĕ.

Ялсенче обществăллă санитари инспекторĕсем уйăрмалла. Вĕсем врачсемпе тачă çыхăну тытса, ялта кам чирлени çинчен пĕлтерсе тăччăр, кил-çуртсене таса тытма вĕренччĕр. Кунпа пĕрлех медицина работникĕсен трактористсене, комбайнерсене, бригадирсене, выльăх-чĕрлĕх пăхакансене гигиена правилисене вĕрентме кирли çинчен те манма юрамасть.

Санитари пропагандине анлă сарни халăхăн культурăллă шайне тата ытларах ÿстерме пулăштăр.

**Е. ТИМОФЕЕВА.**

---

науки пулнине пĕтĕм тĕнчене кăтартса пачĕ.

Сталин юлташ каланă тăрăх, Сталинград патĕнчи çапăçу нимĕçсен фашистла çарĕн кун-çулĕ пĕтсе ларасси çывхарни пулса тăчĕ. Сталинград патĕнче аркатса тăкнă хыççăн нимĕçсем текех ураланаймарĕç.

1944 çул Совет Çарĕ татăклă çĕнтерÿсем тунă çулталăк пулчĕ. Аслă Отечественнăй вăрçăн çак тапхăрĕнче пирĕн çарсем, Сталин юлташăн гениллĕ стратегиллĕ планне пурнăçласа пырса, гитлеровецсен çарне вунă хутчен аркатмаллах пырса çапрĕç тата унăн юлашкисене пирĕн Тăван çĕршыв территорийĕ çинчен кăларса ывăтрĕç. Çав чаплă çĕнтерÿсене пула Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем пирĕн Тăван çĕршыва нимĕçсен фашистла захватчикĕсенчен пĕтĕмпех тасатрĕç тата гитлеровецсене Румыни, Болгари, Венгри, Чехословаки, Польша, Югослави тата Норвеги çĕрĕсем çинчен хăваласа кăларма тытăнчĕç.

1945 çулăн пуçламăшĕнче Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем Балти тинĕсĕнчен пуçласа Карпат тăвĕсем патнĕ çитиччен пĕтĕм фронт тăршшĕпе тăшмана пуçĕпех аркатмалла пыра-пыра çапрĕç. Нимĕçсен оборонине çĕмĕрсе тата ун урлă каçса, Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ гитлеровецсен çарне аркатса тăкрĕç. 1945 çулхи майăн 2-мĕшĕнче Германи столицине илсе, Берлин çине çĕнтерÿ ялавне çĕклесе лартрĕç.

Фашистла Германие çĕмĕрсе тăкнă хыççăн Совет Союзĕ, союзниксем умĕнчи хăйĕн тивĕçне тÿррĕн пурнăçласа, империалистла Японие аркатмаллах пырса çапрĕ. Пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем империалистла Японие çĕмĕрсе тăкас ĕçре те тĕп вырăн йышăнчĕç.

Совет Союзĕн çаç тери пысăк вăй-хăвачĕ советлă обществăпа государство стройĕн вăйĕ çинче, совет обществин моралĕ-политикăллă пĕрлĕхĕ çинче, ССР Союзĕнчи халăхсен тăванла туслăхĕ çинче, чĕрĕ вăй парса тăракан совет патриотизмĕ çинче никĕсленсе тăрать.

Ленин—Сталин партийĕн аслă политики совет стройĕн пурнăç никĕсĕ пулса тăрать.

«Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче,—тет Сталин юлташ,—коммунистсен партийĕ пирĕн çĕршыва пĕрлĕхлĕ вăрçă лагерьне пĕтĕçтерчĕ тата халăхпа çарăн пĕтĕм вăйĕсене пĕрлехи пĕр тĕллев патне—тăшмана аркатса тăкасси патне ячĕ. Коммунистсен партийĕ совет воинĕсене вăрçă пĕлтерĕшĕпе тĕллевне ăнлантарса пычĕ, вĕсене Тăван çĕршыва юратма вĕрентрĕ, вĕсен кĕрешес шухăш-кăмăлне çирĕплетрĕ, вĕсене шиксĕр тата дисциплинăллă пулма хăнăхтарчĕ. Çаксем пурте пире çĕнтерÿ тума май панă паха условисем пулса тăчĕç».

Пирĕн мĕнпур çĕнтерÿсене хавхалантаракан тата организацилекенĕ гениллĕ полководец, пирĕн çулпуçăмăр тата учителĕмĕр Сталин юлташ пулса тăрать. Вăл пирĕн çĕршыва активлă оборонăна хатĕрлерĕ, тăшмана аркатса тăкмалли плана туса хатĕрлерĕ тата ăна пурнăçа кĕртрĕ, совет халăхĕпе унăн Хĕçпăшаллă вăйĕсен пĕтĕм хăватне пĕрлештерчĕ тата вĕсене пĕр тĕллеве—пирĕн Тăван çĕршыв тăшманне хирĕç çапăçса пĕтĕм тĕнчипе историллĕ çĕнтерÿ тăвас ĕçе пăхăнтарчĕ.

Сталин юлташ вăрçă ĕçне татса паракан тата яланах ĕçлесе пыракан факторсем çинчен калакан положени туса хатĕрлерĕ, активлă оборона, наступлени тата контрнаступлени законĕсене уçса пачĕ. Сталин юлташ ку чухнехи наступлениллĕ тата оборонăллă çапăçусен тĕп ыйтăвĕсене татса пачĕ, ку чухнехи вăрçăра çарти тĕрлĕрен войскăсем пĕр-пеприпе мĕнле çыхăнса çапăçмалли ыйтăва çĕнĕлле çутатса пачĕ.

Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ тĕнчере халиччен пулман питĕ пысăк та йывăр вăрçăран çĕнтерÿ туса тухрĕç. Çак çĕнтерÿ вăл пирĕн малта пыракан обществăпа государство стройĕ, сталинла çар науки тата пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем çĕнтерни пулса тăчĕ. Пирĕн социализмлă государство вăрçăран татах та хăватлăрах пулса тухрĕ.

Совет халăхĕ тата унăн Çарĕпе Флочĕ вăрçăра чаплă çĕнтерÿ туни Европăри тата Азири чылай халăхсене капитализм пусмăрĕнчен ирĕке тухма май пачĕ.

Совет Союзĕ Аслă Отечественнăй вăрçăра фашистла Германие тата империалистла Японие хирĕç историллĕ çĕнтерÿ туни аслă Китай халăхне реакциллĕ гоминдан ушкăнне тата ăна пулăшса пыракан Америка империализмне хирĕç чаплă çĕнтерÿ тума пулăшрĕ.

III.

Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарнине совет халăхĕ политикăллă тата производствăллă пысăк çĕкленÿпе кĕтсе илет. Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисемпе, Сталин юлташ съездăн юлашки ларăвĕнче тухса каланă сăмахпа тата унăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ ĕçĕпе хавхаланса, совет çыннисем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарассишĕн пĕтĕм хастарлăхпа ĕçлеççĕ.

ССР Союзĕ тата халăх демократи çĕршывĕсем мирлĕ ĕçре чаплă çĕнтерÿсем туни империалистсене уртарса ярать. Тĕнчери мĕнпур ĕççыннисене кĕрешÿпе çĕнтерÿсен çулне çутатса тăракан Совет Союзĕ çине тĕнчери империалистсем тискер кайăк пек хаярран пăхаççĕ.

США монополисчĕсем ертсе пыракан империализмпа реакци лагерĕ çĕнĕ вăрçă чĕртсе ярса капитализмлă системăн тарăн хирĕçĕвĕсемпе йывăрлăхĕсенчен тухма ĕмĕтленет. Ытларах услам илесшĕн хапсăнакан США империалисчĕсем пĕтĕм тĕнчене хăйсене пăхăнтарма шутлаççĕ. Америка миллиардерĕсем виççĕмĕш çул ĕнтĕ паттăр Корея халăхне хирĕç тискер вăрçă туса пыраççĕ. Уолл-стрит хуçисем çĕнĕ тĕнче вăрçи пуçласа яма хăтланаççĕ. Çав тĕллевпе вĕсем хĕçпăшал нумай туса кăлараççĕ, хăйсен çарĕн шутне ÿстереççĕ, çар базисем, агрессиллĕ блоксем тăваççĕ.

Мирлĕн коммунизм тăвакан совет халăхĕпе Коммунистсен партийĕ пĕтĕм тĕнчери реакци мĕн хăтланнине тимлĕн асăрхаса тăраççĕ, пирĕн çĕршывăн хăватне пур майсемпе те ÿстерсе пыма кирлине пĕр минутлăха та манмаççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ совет çыннисен сыхăлăхне вăйлатасси, пирĕн хĕçпăшаллă вăйсен кĕрешÿри пултарулăхне ÿстересси, Советлă Тăван çĕршывăн активлă оборонине тĕреклетесси партипе Совет государствин тĕп задачи пулса тăнине уйрăмах палăртса хăварчĕ.

Истори урокĕсене манса, Америка империалисчĕсем Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç урса кайсах çĕнĕ вăрçă хатĕрлеççĕ. Анчах та империалистла агрессорсен ухмахла планĕсем пурпĕрех путланса ларĕç.

«Совет Союзĕ,—терĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра,—вăрçă пуçаракансем юнанинчен хăрамасть. Пирĕн халăхăн агрессорсене хирĕç кĕрешме опыт пур, вĕсене çĕмĕрсе тăкасси уншăн хăнăхман ĕç мар. Вăл агрессорсене граждан вăрçи вăхăтĕнчех, Совет государстви çамрăк та вăйсăртарах пулнă чухнех, çĕмĕрсе тăкнă, вĕсене вăл тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вăхăтĕнче çĕмĕрсе тăкнă, вĕсем пирĕн Тăван çĕршыв çине тапăнма хăяс пулсан, малашне те çĕмĕрсе тăкĕ».

Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче ку чухнехи пĕрремĕш класлă çар пулса тăнине кăтартнă пирĕн Совет Çарĕ Коммунистсен партийĕ тата Сталин юлташ тăрăшнипе хăйĕн ăсталăхне пĕрмаях ÿстерсе пырать.

Пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем совет халăхĕн мирлĕ ĕçне, Совет Союзĕн государство интересĕсене хÿтĕлес тĕлĕшпе хăйсен умне лартнă задачăсене чыслăн пурнăçлĕç.

Совет обществи малалла кайса пырассине чарса лартма пултаракан вăй тĕнчере çук. Ленин—Сталин партийĕ совет халăхне социализмлă Тăван çĕршыва малалла тĕреклетес, социализмран майĕпен коммунизма куçас çулпа çирĕппĕн те шанчăклăн малалла илсе пырать.

**П. ТРОФИМОВ,**

**Политикăпа наука пĕлĕвĕсем саракан Пĕтĕм Союзри обществăн действительнăй членĕ.**

## Вăрнар районĕнчен килнĕ хыпарсем

★ **Хусана — экскурсине.** Çак кунсенче Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз колхозникĕсен пĕр ушкăнĕ, З. Ленская агроном ертсе пынипе, Хусанти ялхуçалăх институтне экскурсине кайса килчĕ. Колхозниксем унта институтăн вĕренÿ хуçалăхĕнче агротехникăллă ĕçсене мĕнле пурнăçа кĕртсе пынипе, таварлă сĕт-çу фермичне ĕçе мĕнле йĕркеленипе тата ытти ыйтусемпе те тĕплĕн паллашнă. Колхозниксем колхозпа ялхуçалăх институчĕ хушшинчи çыхăнăва вăйлатсах пыраççĕ.

★ **Малта пыракан библиотекăна—премиИ.** Вăрманкасри библиотека районта чи лайăх библиотека шутланать. Библиотекăра 2.500 кĕнеке пур, вулакансен хисепе 350 çынна çитет.

Нумай пулмасть çак библиотекăна Мускавран РСФСР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи культурăпа сутĕç учрежденийĕсен комитечĕн библиотека управленинчен премиИ шучĕпе тата 1.300 тенкĕлĕх 325 кĕнеке ярса панă. Халĕ библиотекăран кĕнеке илсе вулакансем тата 60 çын ытла хутшăннă.

★ **Сĕт сутса автомашинăсем.** Жданов ячĕпе тăракан колхоз выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне çултан-çул ÿстерсе пырать. Государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана иттерсе тултарать. Иртнĕ çулта планран иттерсе сĕт сутса, колхоз «ГАЗ-51» маркăллă пĕр автомашина тата автоприцеп туянчĕ.

Колхоз халĕ государствăна кашни кунах 250 литр сĕт парса тăрать. Планран иттерсе сĕт сутса, колхоз кăçал тата тепĕр автомашина илме йышăннă.

## ФЗО шкулĕнче вĕренетпĕр

ÇĔМĔРЛЕ. Иртнĕ çулсенче Çĕмĕрлере вăрманта ĕçлекен кадрсем вĕрентсе хатĕрлеме ФЗО шкулĕ уçăлнă. 1952 çулта кунтан 275 çамрăк вĕренсе тухнă. Халĕ вĕсем çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенче тăрăшса ĕçлеççĕ.

Кăçал шкула 200 çамрăк вĕренме кĕнĕ. Вĕсенчен чылайăшĕ автокранщик, моторист-электропильщик пулма вĕренеççĕ. 20 çамрăк тракторист тата электролебедчик пулма вĕренет. Шкулта лайăх вĕренме условисем çителĕклĕ. Кунта пысăк та пуян библиотека, клуб, шкултах спорт залĕ, хĕрлĕ кĕтес тата ыттисем те пур.

**П. КИРИЛЛОВ.**

*Хаçатсен страницисем тăрăх*

# „Джойнт"—Америка разведкин филиалĕ

Нумаях пулмасть Государство хăрушсăрлăх органĕсем врачсен террористла ушкăнне тупса тытнă. Çав ушкăн сыватас ĕçе сăтăрла майсемпе туса пырса Совет Союзĕн активлă деятелĕсен пурнăçне кĕскетес тĕллев тытса ĕçленĕ. Çак террористла ушкăнра тăракансене чылайăшне еврейсен пĕтĕм тĕнчери буржуалла-националистла организацийĕ «Джойнт» — Америка развĕдкин филиалĕ—тара тытнă.

«За прочный мир, за народную демократию!» хаçатăн 6-мĕш номерĕнче Ян Марекăн «Политикăллă заметкисем» пичетленсе тухнă. Çак статья шпионсен сионистла организацийĕн тискер сăн-сăпатне тăрă шыв çине кăларать.

Еврейсен буржуалла-националистла организацийĕ «Джойнт» е официальнăй йĕркепе—«Пулăшу паракан пĕрлешнĕ комитет» текен организаци, тесе çырать Ян Марек, «ырă ĕçсем тăвакан» организацисен шутне кĕрет. Çак организацисем урлă Америкăн разведка органĕсем хăйсен шпионла тата диверсиллĕ ĕçĕсене туса тăраççĕ. Пĕрремĕш тĕнче вăрçи çулĕсенчех пуян банкирсемпе капиталистсем — уарбергсем, моргентаусем, гугенгеймсем тата çавнашкăл йышши этемсем, ытти çĕршывсенчи хăйсемпе пĕр пек тĕне ĕненекен çынсене пулăшу пама тесе США-ра туса хунă çак «Джойнт», «Се суар» хаçатра французсен паллă публицисчĕ Жорж Сориа çырнă тăрăх, пĕтĕмпех Америкăн вăрттăн службине пăхăнса тăрать. «Диллон, Рид энд компани» ятлă банк урлă йĕрсем США правительстви патне тата вăрçă кăлармашкăн тĕпрен [?] Гарриманпа Дрэйпер патне илсе пыраççĕ. Çак банк «Джойнт» организацийĕн ертсе пыракан çыннисемпе тачă çыхăнса тăрать.

Тĕрлĕ çĕршывсенчен пĕлтерекен, никам сирсе яма пултарайман документсем тăрăх, «Джойнт» хăйĕн чи реакциллĕ директорĕсем урлă ирсĕр ĕçсем тунине çирĕплетсе памă. Çак ĕçсем вĕсем «ырă ĕçсенчен» пĕлĕт çĕртен уйрăлса тăнă пекех уйрăлса тăраççĕ. Чăннипе тĕнчери сионистла шпионла-диверсиллĕ организаци «Джойнт» США-н разведкăллă органĕсен службинче тăрать, вĕсен планĕсем тăрăх тата вĕсем кăтартса пани тăрăх США тулашĕнче пысăк ирсĕр ĕçсем туса тăрать. «Джойнт» организацийĕн халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç туса пыракан киревсĕр ĕçне унăн «Европăри пайĕ» ертсе пырать. Çак пай пуçĕнче Америка разведчикĕ И. Шварц тăрать.

Америка разведкин хĕçпăшалĕ пулса тăракан «Джойнт» организацийĕн шпионла тата терорла ĕçне 1949 çултах Венгрире Райка суд тунă чухне тăрă шыв çине кăларнă. Çав çулхинех декабрь уйăхĕнче çĕршыври «Джойнт» организацийĕн пуçлăхне Якобсон американеца суд тунă тата Венгрирен кăларса янă. Тепĕр темиçе уйăхран Торонто хулинче (Канада) митингра тухса каланă чухне, тăрă шыв çине кăларнă çак шпион мухтанса, вĕçкĕнленсе хăй Венгрире сăтăрла ĕçсем туса пурăнни çинчен каласа панă.

Венгрире райксене тăрă шыв çине кăларнă хыççăн иртнĕ çулхи ноябрь уйăхĕнче Сланскипе ун хыççăн пыракан ытти шпионсене тăрă шыв çине кăларнă. Чехословакире государствăна хирĕçле каварсем тăвакансен центрне суд тунă чухне çакна палăртнă: «Джойнт» маскипе витĕнсе, Америка разведкин агенчĕсем Чехословакире сăтăрла пысăк ĕçсем туса пурăннă. Айăпласа çырнисенче кăтартнă тăрăх, вĕсем валюта тĕлĕшĕнчен ирсĕр ĕçсем тунă, спекуляципе, контрабандăпа хăтланнă.

Совет Союзĕнче «Джойнт» ĕçне туса пыма чарнă. Анчах та çак организацин агенчĕсем пытанса, вăрттăн ĕçленĕ. Çакă сионистла ирсĕр организацире нумаях пулмасть тытса арестленĕ çынвĕлеренврачсенчен нумайăшĕ тăнă. Вĕсем сыватас ĕçе сăтăрла майсемпе туса пырса Совет Союзĕн активлă деятелĕсен пурнăçне кĕскетес тĕллев тытнă. Çак çынвĕлерен-врачсенчен пĕри—Вовси каласа панă тăрăх, вăл «Джойнт» организацийĕнчен «ССР Союзĕн ертсе пыракан кадрĕсене вĕлерсе пĕтерме» кăтарту илнĕ.

«Джойнт» организацийĕн «ырă ĕçĕсен» чăн-чăн тĕллевĕ çинчен çак факт та лайăх каласа парать. 1950 çул пуçламăшĕнче Америкăра «Коммунизма хирĕç кĕрешекенсен конференцийĕ» пулса иртнĕ. Конференци ĕçне «Джойнт» представителĕсем те хутшăннă. Конференци Нью-Йорк хулинчи «Астор» ятлă отельре пулса иртнĕ. Шăпах та çак конференцире ĕнтĕ Америкăри реакциллĕ профсоюз лидерĕ Кери: «Пулас вăрçăра эпир коммунистсене хирĕç фашистсемпе пĕрлешетпĕр», тесе каланă. Çак сăмахсемшĕн ăна миллиардерсем алă çупса саламланă.

«Джойнт» Америка разведки хӳттинче ĕçлесе тăракан организаци пулнине çакă та кăтартса парать: троцкистсем, меньшевиксем, эсерсем, буржуалла националистсем, кулакла партисен членĕсем, ССР Союзĕнчен тата халăх демократи çĕршывĕсенчен хуса кăларса янă е тарса кайнă ытти çавăн пек шпионсемпе предательсем çинчен сăмах пырать пулсан, общество каяшлăхĕ çинчен сăмах пырать пулсан, çакă организаци питех те ырă кăмăллă пулса тăрать, вĕсене ханăл туса йышăнать. Çак мĕнпур ирсĕрсем, Франци хаçачĕ «Се суар» çырнă тăрăх, Америка империализмĕ ертсе пыракан еврейсен буржуалла-националистла организацийĕсенче хăйсене валли ăшă вырăн тупаççĕ.

Январь уйăхĕн пуçламăшĕнче пулса иртнĕ конференцире «Джойнт» организацийĕн 1953 çулхи бюджетне 25 миллион долларлăх çирĕплетнĕ. Çакă миллионшар долларсем ырă шухăшлă тĕллевсене пурнăçлама пачах каймаççĕ. Çакăн çинчен Америка сенаторĕ Леман конференци ячĕпе чĕнсе калани яр-уççăн кăтартса парать. Çак чĕнӳ вăл демократипе социализм çĕршывĕсене хирĕç ирсĕр те сĕмсĕр элек сарни пулать.

Çакăн пек ĕнтĕ «Джойнтăн»—Америка разведки филиалĕн, «ырă» тĕллевĕпе ĕçлесе тăракан организацин сăнсăпачĕ. Ăна туса хунă тата хавхалантарса пынă çынсене ĕнтĕ намăс юпи çумне пăталанă. США государство департаменчĕ, ун хыççăн вара Америкăри реакциллĕ пичет хăйсен агентури путланса ларнăшăн ахалех демократи çĕршывĕсене хирĕç элек сараççĕ. Çĕр çинчи ырă шухăшлă мĕнпур çынсем сионистла ирсĕрсене, шпионсене, çынвĕлеренсене ылханаççĕ. Тӳрĕ шухăшлă мĕнпур çынсем «Джойнт» йышши тата ытти çавнашкал Америка разведкисен службинче тăракан организацисем тĕлĕшпе хăйсен сыхăлăхне вăйлатаççĕ.

## Америка авиацийĕ Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китай çине тапăнни

ПЕКИН, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Мукденран çапла пĕлтернĕ: Китай халăх сывлăш-çар вăйĕсемпе зенитнăй чаçĕсем февралĕн 15-мĕшĕнче Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китай территорийĕ çине вĕçсе кĕнĕ Америкăн 5 çар самолетне персе ӳкернĕ.

Февралĕн 15-мĕшĕнче 12 сехет те 51 минутпа 14 сехет те 9 минут хушшинче Америкăн 48 самолечĕ çичĕ ушкăнпа пырса Ляодун провинцийĕнчи Дагушань, Цзюляньчэн, Чандяньхэкоу, Юндяньхэкоу, Лакушао тата ытти пунктсем тĕлне вĕçсе кĕнĕ, бомбăсем пăрахнă, пулеметсенчен пенĕ. Пурĕ 20 бомба ытла пăрахнă.

Китай халăх сывлăш çар вăйĕсемпе зенитнăй чаçĕсем чикĕ урлă каçнă Америка самолечĕсене хирĕç çийĕнчех контратака тума пуçланă. Персе ӳкернĕ 5 самолет хушшинче «Е-84» йышши истребительсем 3, «F-86 йышши истребительсем 2 пулнă.

## Польша хресченĕсем хăйсем Совет Союзĕнче пулса курни çинчен кăларнă кĕнеке

ВАРШАВА, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). «Книга и знание» издательстви «Совет çĕршывĕнчи колхозсенче» ятлă кĕнеке кăларнă. Çак кĕнекере 1950 çулта Совет Союзĕнче пулнă Польша хресченĕсем каласа панисене пичетленĕ.

Польша хресченĕсем Совет Союзне кайса килни çинчен, вĕсем Совет Союзĕнче пулнă чухне мĕн курса вĕреннĕ çинчен каласа параççĕ. Вĕсем Совет Союзĕнче ялхуçалăхне наука меслечĕ тăрăх туса пыни, ялхуçалăх ĕçĕсене механизациленни çинчен, колхозсенчи ĕç организацийĕ çинчен, совет колхозникĕсем пуян пурăнни çинчен çыраççĕ.

## Варшавăра Америка шпионĕсене суд туни

ВАРШАВА, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Варшавăра районти çар судĕнче Америкăн икĕ шпионĕпе диверсантне Стефан Сишишовскипе Дионна Сосновскине суд тума пуçланă. Вĕсене иртнĕ çулхи ноябрь уйăхĕнче Америка çар самолечĕ Америка разведки панă заданисем тăрăх диверсисемпе шпионаж организациллеме Польшăна антарса хăварнă пулнă.

Айăпласа çырнинче çакна кăтартса панă: айăпланакансене Америка разведки Майн çинчи Франкфуртран вĕçе мар вырнаçнă Эрдхаузенра организацилленĕ диверсипе шпионсен шкулĕнче вĕрентнĕ. Америка çар самолечĕ çак диверсантсене иккĕшне те Польша территорийĕ çине Кошалински воеводствăн Миздово сывăхне антарса хăварнă.

Çĕр çине анса çитсен диверсантсем, хăйсем илсе килнĕ снаряженине пытарнă та диверсиллĕ ĕçсем иртгерме тата шпионсем пухма çĕршыва шалалла кĕнĕ. Çав кунах государство хăрушсăрлăхĕн органĕсем вырăнти çынсенчен диверсантсем антарса хăварни çинчен хыпар илнĕ.

1952 çулхи декабрĕн 6-мĕшĕнче диверсантсене иккĕшне те арестленĕ.

Айăпласа çырнине вуласа панă хыççăн, суд айăпланакансенчен ыйтса тĕпчеме пуçланă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛАХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ февралĕн 17-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем пур фронтсенче те Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ февралĕн 18-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем пур фронтсенче те Америкăпа Англи интервенчĕсемпе Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ.

### БИРМА ÇАРĔСЕМПЕ ЧАН КАЙ-ШИ БАНДИЧĔСЕМ ХУШШИНЧЕ ПУЛСА ИРТНĔ ТЫТĂÇУ

ЛОНДОН, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Рангунран пĕлтернĕ тăрăх, Бирма çар министерстви çапла пĕлтернĕ: Бирма территорине пынă Чан Кай-ши çарĕсем Бирмăпа Китай чиккинчи Мусе хулине туртса илме хăтланнине Бирма çарĕсем сирсе янă. Пĕлтерӳре çапла каланă: февралĕн 14-мĕшĕнче пулса иртнĕ çапăçу вăхăтĕнче Бирма çарĕсем Чан Кай-ши бандичĕсене 60 çынна вĕлернĕ тата нумайăшне амантнă.

### ÇУРÇĔР ИРАНРА ХРЕСЧЕНСЕМПЕ ПОЛИЦИ ХУШШИНЧЕ ПУЛСА ИРТНĔ ТЫТĂÇУ

ПАРИЖ, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Тегеранран çапла пĕлтерет. Баболра (Каспи тинĕсĕ хĕррнинчи район) полиципе хресченсем хушшинче пулса иртнĕ тытăçура 3 хресчене вĕлернĕ, 6 полицейскине йывăр амантнă.

Ку тытăçу пухса илнĕ тырпултан помещиксене памалли пай тата çĕр участокĕсен пысăкăшĕ пирки хресченсем помещиксене хирĕç восстани тунă хыççăн пулнă.

### США Афганистана агрессиллĕ блока кĕртме тăрăшать

БЕЙРУТ, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Ливанра тухса тăракан «Аль-Хадаф» хаçат февралĕн 17-мĕшĕнче Кабулран илнĕ çакăн пек пĕлтерĕве пичетлесе кăларнă:

«Кабулра илнĕ сведенисем тăрăх, США Афганистана Вăтам Хĕвелтухăçĕнче тăвакан çар блокне кĕме сĕннĕ. Американецсем Афганистан правительствине США-па туслă пурăнасси тата экономика енĕпе пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен килĕшӳ тума сĕннĕ. Çакна вĕсем Афганистана çак çар блокне кĕртес çул çинчи тăвакан малтанхи утăм, тесе шутлаççĕ.

Кабулра çак ыйту тăрăх Америка посолĕпе Афганистан премьер-министрĕ Махмуд-хан тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Али Мухаммедхан хушшинче вăрттăн калаçусем пыраççĕ.

Килĕшӳ проектне кĕртнĕ статьясем тăрăх, американецсем суту-илӳ енĕпе тата нефть вырăнĕсене разведка тăвас тата вĕсене эксплуатацилес енĕпе уйрăмах пысăк правăсем илеççĕ.

Кабулран пĕлтернĕ тăрăх, Афганистан премьер-министрĕ Америка посолне Афганистан территорийĕнче, уйрăмах çĕршывăн çурçĕр районĕсенче Америкăн çар тата сывлăш-çар базисене тума килĕшӳ панă».

### ИЗРАИЛЬ ПРАВИТЕЛЬСТВИ ХĂЙĔН ÇĔРШЫВНЕ ИМПЕРИАЛИСТСЕНЕ СУТАТЬ

БЕЙРУТ, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Ливанра тухса тăракан «Ан-Нахар» хаçат Тель-Авивран илнĕ хыпарсем тăрăх, Израиль правительстви Хайфа портне «вăтам хĕвелтухăç командовани» тума пуçарнă çĕршывсен аллине парас ыйту пирки хĕвеланăçĕнчи державăсемпе калаçу пуçарма килĕшни çинчен çырать. Хайфа порчĕ малашне Вăтаçĕр тинĕсри шыв айĕнче çӳрекен кимĕсен бази пулса тăрать.

### ФРАНЦИ ГЕНЕРАЛĔ «ЕВРОПА ÇАРĔ» ÇИНЧЕН

ПАРИЖ, февралĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Комба» хаçат Ниссель генерал статьине пичетлесе кăларнă. Статья ячĕ: «Европа çарĕ; договор, 8 протокол тата 10 хушса çырни».

Автор çапла çырать: «Европа çарĕ» тенĕскерне тума палăртакан çак документсене ăнланма йывăр тата вĕсем пирĕн çĕршывшăн хăйсен ĕçĕсемпе хăрушă».

Вăл çакна палăртать: «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» тенĕскерне тăвасси çинчен калакан договора Франци çарĕн нумай офицерĕсем сивлеççĕ, вĕсем çар дисциплинине пула кăна шарламасăр тăраççĕ. Çак договора хурласа каласнă офицерсене Парижран кăларса янă.

Ниссель генерал тата çакна палăртать: общественность «Европа çарне» тăвасси çинчен калакан документсен содержанине пĕлмест.

Хĕвеланăç Германи. Германири коммунистсен партийĕпе прогрессивлă организацисем йышлă массăсене нимĕç халăхĕн тĕп задачисене ăнлантарса парас тĕлĕшпе нумай ĕçлеççĕ. Вĕсем мире юрăтакан, пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ Германи туса хума чĕнеççĕ, Бонри правительствăн нимĕç халăхне хирĕç пыракан политикине тăрă шыв çине кăлараççĕ.

**УКĔРЧĔК ÇИНЧЕ:** Бремен хулинчи «Везер» заводри рабочисем листовкăсем тытса пыраççĕ,— листовкăсенче нимĕç халăхне мирлĕ договоршăн, Германие пĕрлештерессишĕн кĕрешме чĕннĕ.

ЦЕНТРАБИЛЬД фотоӳкерчĕкĕ.

## Хĕвеланăç Германири полици террорĕ

БЕРЛИН, февралĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Германире прогрессивлă çынсене, чи малтан коммунистсене, Бонра тата Парижра алă пуснă çар договорĕсене пăрахăçа кăларассишĕн, мире тĕреклетме, Германи пĕрлĕхне тума тăрăшнăшăн полицисем питĕ тискеррĕн хĕсĕрлеççĕ.

«Форвертс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, иртнĕ эрне вĕçĕнче Хĕвеланăç Германи полицийĕ Германи компартийĕн Хагенри, Мерзри тата Рейнхаузенри организацийĕсем çине тапăннă, вĕсенче ухтарусем тунă. Вĕсем Германири компартине чарса лартма хăйсене кирлĕ документсем тупассăшăн пулнă.

Анат-Саксони ландтагĕн юлашки ларăвĕнче Германи компартийĕн депутатне Людвиг Ландвера парламент депутачĕн хӳтĕлĕх прависĕр хăвармалла тунă. Вейденра миршĕн кĕрешекен паллă çамрăк деятелĕ Вилли Гацка арестлесе тĕрмене хупнă. Бамбергра миршĕн кĕрешекен 25 çулхи Курт Гейера тĕрмене хупнă.

## Дани салтакĕсем хушшинчи пăлханусем

КОПЕНГАГЕН, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Дани хаçачĕсем пĕлтернĕ тăрăх, Дани оборони министерстви çак кунсенче хĕçпăшаллă вăйсен личнăй составне çар службин çĕнĕ срокĕ çинчен йышăннă решение пĕлтернĕ. Çак решени тăрăх рядовой составран 45 проценчĕ валли çар службин срокне тата ултă уйăх хушши ӳстермелле тунă.

Çак пĕлтерӳ Дани салтакĕсем хушшинче пăлхану кăларнă. «Нашональ тиденде» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Орхус хулинче 150 салтак апат йышăнма пăрахнă. Çакăнпа пĕрлех салтаксем оборона министрĕ патне требовани янă. Вĕсем правительствăпа риксдагран çар службине тăсмалла тунă решение пăрахăçа кăларма ыйтаççĕ.

Хольбек хулинче 300 салтак апат йышăнма пăрахнă.

9-мĕш полкăн 2-мĕш батальонĕнчи салтаксем ĕнер протест туса митинга пухăннă. Ку батальон Обенро хули сывăхĕнчи Сюгорд лагерĕнче тăрать. Митингра Ютланди çурутравĕн çурçĕр енне кайма решени йышăннă. Вĕсем Хедерслев тата Фредериси хулисенчи салтаксемпе пĕрлешсе Копенгагена кайма хатĕрленеççĕ. Унта вĕсем оборона министрне хăйсен ыйтăвĕсем çинчен каласа парасшăн. Анчах та Обенро хулинче салтаксене тытса чарнă та каялла казармăсене илсе кайнă. Пĕр салтакне арестленĕ.

Ĕнер каçхине, Сюгорд лагерĕнчи салтаксем 200 çын çула тухнине пĕлсен, Хедерслев гарнизонĕнчи салтаксем те çула тухнă, анчах вĕсене тытса чарнă.

«Ланд ог фольк» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Фредериси хулинчи 5-мĕш рота командовани занятие тухма панă приказа пурнăçламан.

Çар службине тăснине хирĕç протестлесе, Борнхольм утравĕ çинче 300 салтака яхăн резолюци йышăннă.

КОПЕНГАГЕН, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Дани çарĕнче çар службин срокне вăрăмлатмалла тунă пирки çаплах пăлхавсем пыраççĕ.

«Б. Т.» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, «Каруп» çар аэродромне вырнаçнă салтаксем, çĕр çынна яхăн, ĕнер Виборг хулине кайма тухнă, анчах вĕсене офицерсем тытса чарса каялла казармăсене янă.

«Политикен» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Борнхольм утравĕ çинче 250 салтак забастовка пуçласа янă, вĕсем служба ĕçĕсене тума пăрахнă. Çар службин срокне вăрăмлатмалла тунине хирĕç Фредериси хулинчи 7-мĕш полкăн личнăй составĕ тата лейб-гварди полкĕн личнăй составĕ те протест тăваççĕ. Ку полк оборона министрĕ патне делегаци янă.

«Нашональтиденде» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, 10 гарнизонра тăракан 3.000 салтакăн çар службине вăрăмлатаççĕ. Салтаксен демонстрацийĕсем пилĕк гарнизонра пулнă, тесе çырать хаçат. Ытти хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, тĕрлĕ демонстрацисене пурĕ 1.500 çын хутшăннă.

Демонстрацисене хутшăннă салтаксемпе оборона министрĕ патне требовани тăратма кайма тухнă салтаксене ĕнер кунĕпех допрос тунă. Допроса çар прокуратурипе уголовнăй полици иртгереççĕ.

Тендер хулинче полици виçĕ семинариста çар служби срокне вăрăмлатмалла тунине хирĕç протест тума чĕнекен листовкăсем салатнăшăн арестленĕ.

Çарти пăлхавсен сăлтавĕсем çинчен «Нашональтиденде» хаçат паян çапла çырать: «сăмах кунта, ытти çĕршывсенче пулса иртнĕ пекех, демократи никĕсĕсем çине юри тапăнни çинчен пырать. Вăл пысăк ĕç пулса тăнине йышăнмасăр тăма çук».

### ИТАЛИРИ ХРИСТИАНЛА ДЕМОКРАТСЕМ УКÇАШĂН СУТĂНАÇÇĔ

РИМ, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). «Унита» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Феррара хулинчи суд правительствăн виçĕ чиновникне тата христианла-демократсен профсоюз центрĕн—«Ĕçсыннисен профсоюзĕн Италири конфедерацийĕн» — пĕр «деятельне» икĕ çултан пуçласа тăватă çул та ултă уйăхлăха тĕрмене хупмалла туса приговор йышăннă. Вĕсем, ĕç тупайман çынсенчен, ĕç тупса пама пулса, укçа илсе пурăннă.

### ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ШАХМАТ ТУРНИРĔНЧЕ

БУХАРЕСТ, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Паян пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕнче 15-мĕш вăйă пулнă.

Турнир лидерĕ мастер Толуш (СССР) Англи мастерĕнчен Голомбекран выляса илнĕ. Гроссмейстер Петросян Рейхертан (Румыни) выляса илнĕ. Смысловпа Болеславский хушшинчи вăйă никам çĕнтерейменнипе пĕтнĕ. Спасскипе (СССР) О'Келли хушшинчи партие тепĕр вăхăта хăварнă. Милев (Болгари) Сливаран (Польша) выляса илнĕ. Троянеску Ш. Сабона çĕнтернĕ. Шайтарпа (Чехословаки) Штольц (Швеци) хушшинчи тата Чоколтяпа (Румыни) Филипп (Чехословаки) хушшинчи партисенче пĕр-пĕрне çĕнтерейменнипе Л. Сабопа (Венгри) Барда (Норвеги) хушшинчи, Рэдулескупа (Румыни) Барца (Венгри) хушшинчи партисене тепĕр вăхăта хăварнă.

15-мĕш вăйă хыççăн мастер Толуш малта пырать. Вăл 15 очко илме май пур çĕртен 11 очко пухнă. Гроссмейстер Петросян 10,5 очко илнĕ.

### АМЕРИКА ВЛАÇĔСЕМ ÇАР ПРЕСТУПНИКНЕ ИРĔКЕ КĂЛАРНĂ

БЕРЛИН, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Германири ДПА агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян Ландсбергри Америка тĕрминчен Гитлер çарĕн генерал-фельдмаршалĕ пулнă çар преступникне Георг фон Кюхлера ирĕке кăларнă. Американецсем пĕлтернĕ тăрăх, ăна «сывлăхĕ начар пулнă пирки шантарса сăмах панипе» ирĕке кăларнă.

## Чăваш академи театрĕнче

★ **Творчествăллă тĕлпулу.** Çак кунсенче Чăваш академи театрĕн артисчĕсем педагогика институтĕнчи студентсемпе тата преподавательсемпе тĕл пулчĕç. Унта театр режиссерĕ Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ Л. Родионов театр 35 çул тултарни çинчен каласа пачĕ. Артистсем хăшпĕр пьесăсен уйрăм сыпăкĕсене выляса кăтартрĕç.

★ **Суйлав участокĕнче.** Чăваш академи театрĕн тата вырăсла драма театрĕн коллективĕсем суйлав участокĕсенче час-часах концертсемпе постановкăсем параççĕ. Юлашки кунсенче кăна вунă ытла концерт панă. Çав концертсене РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕ, Чăваш АССР халăх артисчĕ Б. Алексеев, Чăваш АССР халăх артистки О. Ырзем, Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕсем И. Молодов, А. Гуяев тата ыттисем те хутшăннă.

★ **Театр отчет тăвать.** Чăваш академи театрĕ ĕçлеме пуçлани 35 çул тултарать. Çавна май театр коллективĕ ĕç çыннисем умĕнче хăйĕн ĕçĕ çинчен отчет тăвать. Çак кунсенче театр артисчĕсем Çĕрпӳре пулчĕç. Район центрĕнчи культура çуртĕнче театр режиссерĕ К. Иванов юлташ театрăн 35 çул хушшинчи творчествăллă кун-çулĕ çинчен каласа пачĕ. Юлашкинчен «Айдар» пьесăна лартса пачĕç.

## Хоккей вăййипе республикăра мала тухассишĕн

Шупашкарти «Молния» спорт обществи стадионĕнче хоккей вăййипе республикăра мала тухмалли ăмăрту пырать. Февралĕн 18-мĕшĕнче виçĕ вăйă пулчĕ. Шупашкарти «Спартак» спорт обществипе Канашри «Локомотив» командисем хушшинчи вăйă 14:1 шутпа спартаковецсем çĕнтернипе пĕтрĕ.

Чапаевски поселок команди Сĕмĕрлери «Красная звезда» спорт обществи хоккеисчĕсене 2:3 шутпа выляса янă, Етĕрнери «Искра» спорт обществин хоккей команди Сĕмĕрлери «Урожай» спорт обществи командине 5:3 шутпа çĕнтернĕ.

Ăмăрту малалла пырать.

## *Йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвĕ*

КУСЛАВККА, (Телефонпа). Январĕн 15-мĕшĕнче вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе йĕлтĕрçĕсен районти ăмăртăвĕ пулса иртрĕ.

Арçын ачасем 10 километр ăмăртса чупрĕç. А. Ханжин тата М. Адамов йĕлтĕрçĕсем хушшинче вăйлă кĕрешӳ пычĕ. Пĕрремĕш вырăна А. Ханжин (2-мĕш номерлĕ вăтам шкул) йышăнчĕ.

18 километра пуринчен хăвăртрах районти чи лайăх йĕлтĕрçĕ А. Герасимов юлташ чупса тухрĕ. Вăл 1953 çулшăн район чемпионĕн ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Хĕрачасем 8 километр ăмăртса чупрĕç. Йĕлтĕр спорчĕ енĕпе район чемпионки ятне темиçе çул хушши тытса тăракан Л. Ломоносова лайăх результат кăтартрĕ. Вăл кăçал та район чемпионкин хисеплĕ ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

5 километр чупас енĕпе Л. Нобайкина мала тухрĕ.

Командăсем хушшинче пынă ăмăртура Куславккари 2-мĕш номерлĕ вăтам шкулти йĕлтĕрçĕсем мала тухрĕç.

Иккĕмĕш вырăна Карачри вăтам шкулти йĕлтĕрçĕсен команди, виççĕмĕш вырăна Тĕрлемесри вăтам шкул команди тухрĕ. **(Хамăр корр.).**

### ÇАМРĂКСЕН АГИТКУЛЬТБРИГАДИ

ИШЛЕЙ. ВЛКСМ райкомĕпе районти культура çурчĕ йĕркеленĕ çамрăксен агиткультбригади Карл Маркс ячĕпе, Ленин ячĕпе, Киров ячĕпе тăракан «Знамя труда» колхозсенче пулса суйлавçăсем умĕнче темиçе концерт пачĕ.

Н. ПУШКИН.

## ПĔЛТЕРНИ

Февралĕн 20-мĕшĕнче, 20 сехетре, парти хула комитечĕн библиотека çуртĕнче хулари пропагандистсем валли лекци пулать. Тема: «Ленинпа Сталин совет çыннисене политика енĕпе сыхă пулма вĕрентесси çинчен».

Лектор—КПСС обкомĕн лекторсен групин руководителĕ Н. М. Семенов юлташ.

КПСС ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01063 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.